ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаҫачĕ

1953 ҫул
Апрель
5
ВЫРСАРНИКУН
№ 70 (8979)
36-мĕш ҫул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Республикăри „Коммунизм ялавĕ“ тата „Советская Чувашия“ хаҫатсен ĕҫĕсем ҫинчен

## *КПСС Чăваш обкомĕн IV-мĕш пленумĕ йышăннă постановлени*

КПСС Чăваш обкомĕн IV-мĕш пленумĕ ҫакна палăртать: парти пичечĕ умĕнче тăракан задачăсем ҫинчен Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ йышăннă решенисене пурнăҫласа, Чăваш АССР-ĕнче тухакан «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсем республика пурнăҫне хаҫат страницисенче ҫутатса тăрас ĕҫе лайăхлатрĕҫ. Рабочисене, хресченсене тата интеллигенцие, хулари тата ялти мĕнпур ĕҫсыннисене коммунизмла воспитани парас ĕҫре, вĕсене Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра пĕтĕҫтерес ĕҫре, республикăри ĕҫсыннисене хуҫалăхпа политикăллă задачăсене пурнăҫлама мобилизацилес ĕҫре республикăри хаҫатсем пысăк вырăнта тăраççĕ. Ĕҫсыннисен анлă массисем хушшинче хаҫатсен авторитечĕ ÿсрĕ, корреспондентсен активĕ йышланчĕ, редакцие ĕҫсыннисен ҫырăвĕсем ытларах килсе тăма пуҫларĕҫ.

Ҫакăнпа пĕрлех пленум ҫапла шутлать: КПСС обкомĕн бюровĕ «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсен ĕҫне тĕпренех лайăхлатса ҫитерейменн тата вĕсен ĕҫне Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем тăрăх урăхлатса ҫĕнетсе ҫитереймен. Республикăри хаҫатсен тĕп задачăнз — вырăнти пурнăҫран конкретлă, массăсене ҫывăх, массăсем ăнланакан фактсем илсе, партипе правительствăн политикипе решенийĕсене пропагандăлас, халăха идейăпа политика тĕлĕшĕнчен воспитани парас задачăна, рабочисене, колхозниксене тата интеллигенцие республика умĕнче тăракан задачăсене татса пама организацилес задачăна начар пурнăҫласа пыраççĕ.

Хаҫат редакцийĕсем республика экономикинче промышленность ролĕ ÿснине шута илмеççĕ, промышленноҫпа транспортăн, уйрăмах ҫĕнĕ стройкăсен ĕҫне, ҫавнашкалах коммуналлă предприятисен ĕҫне хаҫат страницисенче начар ҫутатса тăраççĕ, социализмла ăмăртăва кăтартасси, малта пыракан опыта пропагандăласси тата сарасси тивĕҫлĕ вырăнта тăмаççĕ, промышленность продукцийĕ ытларах туса кăларма, унăн пахалăхне лайăхлатма, ĕҫ тухăҫлăхне ÿстерме кирлĕ нумай майсемпе резервсене ҫителĕклĕ кăтартса памаççĕ, ҫав резервсемпе пĕтĕмпех усă курассишĕн куллен ҫине тăрса кĕрешмеççĕ. Республикăри хаҫатсен редакцийĕсем промышленноҫра ĕҫлекенсем хушшинчи авторсен активĕпе начар ҫыхăнса тăраççĕ, производствăра малта пыракансен, инженерсен, техниксен, стахановец-рабочисен статьисене сайра пичетлеççĕ. Хаҫат страницисенче вырăнти чĕртаварпа тата ялхуҫалăх продукцийĕпе усă курса промышленноҫа, уйрăмах вырăнти промышленноҫпа апат-ҫимĕҫ промышленноҫне, малалла аталантарас ĕҫпе ҫыхăннă ыйтусене сайра хускатаççĕ.

«Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсем, ялхуҫалăх ыйтăвĕсем ҫинчен материалсем чылай пичетлеççĕ пулин те, ялхуҫалăхĕнчи тĕп задачăна—ялхуҫалăх культурисен тухăҫлăхне чылай ÿстерес тата обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатса, унăн продуктивлăхне чылай хăпартас задачăна ăнăҫлă пурнăҫлассишĕн ҫав-ҫавах начар кĕрешеççĕ-ха. Хаҫат страницисенче малта пыракан колхозсен, МТС-сен, уй-хир бригадисемпе трактор бригадисен, лайăх ĕҫлекен выльăх-чĕрлĕх фермисен опытне ҫителĕклĕ те тĕплĕ ҫутатса памаççĕ, вăйлă тырпул ÿстерекен тата выльăх-чĕрлĕхрен тупăш нумай илекен мастерсем хаҫат ҫине сайра ҫыраççĕ, хаҫатсем ялхуҫалăхĕнче социализмла ăмăрту мĕнле сарăлса пынине тăтăшах ҫутатмаççĕ. Хаҫатсем ялхуҫалăхне пур енĕпе те ҫĕр-ĕҫ науки никĕсĕ ҫинче аталантарассишĕн начар кĕрешеççĕ, техникăллă культурăсем, пахча ҫимĕҫĕ, сад тата пыл хурчĕ ĕрчетни усă паннне ҫителĕклĕ кăтартса памаççĕ, промышленность центрĕсем, чи малтан Шупашкар хули тавра ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫĕ тата ҫĕтне аш-какай хуҫалăхĕсем тăвас ĕҫ ҫинчен ҫырмаҫпа пĕрех. Юлашки вăхăтра хаҫатсем ялхуҫалăх артелĕн Уставне ҫирĕп тытса пырас, колхозсенче ĕҫе организацилес тата ĕҫленĕшĕн тÿлес, колхозниксен ĕҫ дисциплинине ҫирĕплетес ыйтусем ҫинчен сахалтарах ҫыракан пулчĕҫ. Колхозниксене обществăллă хуҫалăха пур майсемпе те аталантарса пыма тата социализмла харпăрлăха сыхлама, социализмла государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра та чыслă пурнăҫлама воспитани паракан статьясем сахал пичетленеççĕ; уйрăм харпăрлăх туртăмĕсем пур пулин те, вĕсене хирĕҫ хаҫатсем ҫителĕклĕ кĕрешмеççĕ.

Пичетре тата сăмахпа пропаганда тата агитаци тăвас ĕҫе, массăсене политикăллă воспитани парас ĕҫри пĕтĕм участоксене ертсе пынă чухне КПСС обкомĕн бюровĕ «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсемпе ҫителĕклĕ усă курмасть, тесе шутлать пленум. Хаҫат страницисенче теорилле статьясем, вулакансен ыйтăвĕсем ҫине панă ответсем, марксистла-ленинла теорие вĕренекенсене пулăшма консультацисем сахал пичетлеççĕ, КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе материалĕсене тата И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенине ҫителĕклĕ пропагандăламаççĕ. Хаҫат редакцийĕсем республикăри пропагандистсен кадрĕсене теорилле статьясем ҫырма хутшăнтармаççĕ, вырăнти лекторсен лайăх лекцийĕсене пичетлеменпе пĕрех. Агитаципе пропаганда ĕҫĕн опычĕ ҫинчен материалсем сахал пичетленеççĕ. Пропагандăпа агитаци идейăллă-теорилле шайне ÿстересси «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсенче тĕп вырăнта тăмасть-ха. Хаҫат страницисенче агитаторсене пулăшма материалсем сахал пичетленеççĕ, халăхăн тĕрлĕ сийĕсем хушшинче ирттерекен политикăллă агитаци витĕмлĕхĕ, меслечĕсем, формисем тата ăсталăхĕ ҫине пачах та ҫаврăнса пăхмаççĕ.

Хаҫат страницисенче литература, искусство, издательство, культура ҫуртĕсен, библиотекăсен, вулав ҫурчĕсен, клубсен, кино, радио, шкул тата уйрăмах специальнăй шкулсен ыйтăвĕсене ҫителĕклĕ ҫутатса тăмаççĕ. Критикăпа библиографи ĕҫне начар йĕркеленĕ, ҫĕнĕ кĕнекесем, спектакльсем, музыка произведенийĕсем, кинокартинăсем ҫинчен рецензисем сахал пичетлеççĕ; пичетлекен рецензисем часчасах идейăпа политика тĕлĕшĕнчен начар, лайăх пĕлсе ҫырман рецензисем пулаççĕ. Хаҫатсем культурăри, литературăпа искусствăри ҫĕнĕ япаласене вăхăтра курмаççĕ, совет литературипе искусствин чи лайăх произведенийĕсем ҫинчен халăха ăнлантарса памаççĕ, пăнтăхнă буржуалла культурăна тăрă пыв ҫине кăларас тĕлĕшпе начар ĕҫлеççĕ.

Республикăри хаҫатсем хулари тата районти хаҫатсем ҫинчен обзорсем тăтăшах пичетлесе тăмаççĕ, стена хаҫачĕсен лайăх опытне ытла та ҫителĕксĕр пĕтĕҫтерсе пыраççĕ, вырăнти радио тăрăх паракан материалсем ҫинчен обзор пачах та пичетлемеççĕ.

«Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсем парти, совет, профсоюз тата ытти обществăллă организацисем КПСС XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пурнăҫлас тĕлĕшпе мĕнле ĕҫленине, партин хула комитечĕсем, райкомсем тата пуҫламăш организацисем КПСС Уставĕ хушнă тăрăх ĕҫе мĕнле йĕркеленине, хуҫалăхпа политикăллă задачăсене пурнăҫа кĕртес ĕҫре парти, совет тата хуҫалăх органĕсен ролĕпе ответлăхне ÿстерес, партипе государство дисциплинине ҫирĕплетес, самокритикăна тата уйрăмах аялтан килекен критикăна сарас, республикăри партипе государство аппарачĕн пур сыпăкĕсенче те политикăллă сыхăлăха вăйлатас ыйтусене начар ҫутатса тăраççĕ. «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсем комсомол хаҫачĕ тухма тытăннă май комсомол пурнăҫне ҫутатса тăрас ĕҫе чылай начарлатнине пленум тĕрĕс мар, тесе шутлать.

Обком бюровĕ хаҫат страницисенче аялтан килекен критикăпа самокритикăна вăйлатма ҫителĕклĕ мерăсем йышăнмасть, тесе шутлать пленум. Хаҫатсем хăшпĕр организацисен, уйрăмах республикăри организацисен тата вĕсене ертсе пыракансен ҫитменлĕхĕсене хăюсăр критиклеççĕ. Уйрăм партипе совет органĕсем (КПСС Куславкка райкомĕ, Чăваш АССР Сутĕҫ министерстви) редакцисенчен ярса паракан ҫырусем тăрăх кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ, хаҫатсем критиклесе асăрхаттарни ҫине тĕрĕс мар пăхни те пулнă (КПСС Етĕрне райкомĕн секретарĕ Хромов юлташ, КПСС Шăхасан райкомĕн секретарĕ Родионов юлташ, Апат-ҫимĕҫ промышленность министрĕ Калинкина юлташ).

Хаҫат редакцийĕсем редакци тулашĕнчи авторсен активĕпе ҫителĕклĕ ĕҫлемеççĕ, корреспондентсен канашлăвĕсем сайра пулаççĕ, редакцисем сайра хутра кăна ĕҫсыннисем умĕнче отчетсем туса параççĕ, ĕҫсыннисем янă ҫырусем ҫине редакцинче тимсĕр пăхни те пулнă. Пичетленекен материалсенче йăнăшсем те пулаççĕ.

«Коммунизм ялавĕ» хаҫат редакцийĕ хаҫат чĕлхине лайăхлатас тĕлĕшпе начар ĕҫлет; хаҫатра пичетлекен материалсенче час-часах вулакана ăнланма йывăр, пысăк предложенисем тĕл пулаççĕ, пĕр терминах тĕрлĕрен ҫыраççĕ, вырăсларан тирпейсĕр куҫараççĕ.

Хаҫатсен редакторĕсем Яковлевпа Карташов юлташсем хăйсен ĕҫне критикла тишкересе хакламаççĕ, ĕҫри ҫитменлĕхсемпе йăнăшсене ерипен пĕтересе пыраççĕ, хаҫатсен редколлегийĕсемпе начар усă кураççĕ, редакцинче ĕҫлекенсемпе хăйсен корреспондентсене воспитани парас тĕлĕшпе ҫителĕклĕ ĕҫлемеççĕ.

Обком бюровĕ хаҫат редакцийĕсене квалификациллĕ кадрсем парса ҫирĕплетме ҫителĕклĕ мерăсем йышăнман тата хаҫатра ĕҫлекенсене воспитани парас тĕлĕшпе ҫителĕклĕ ĕҫлемен. Партипе совет ĕҫĕнчи ертсе пыракан нумай работниксем хаҫата сайра хутра ҫеҫ ҫырса тăраççĕ.

Пленум ҫакна палăртать: сыхăну органĕсем тата партин уйрăм райкомĕсем (Куславкка, Шăмăршă, Ҫĕмĕрле, Етĕрне) «Коммунизм ялавĕ» хаҫата сарас ĕҫ ҫине кирлĕ пек пăхмаççĕ.

КПСС обкомĕн IV-мĕш пленумĕ ҫапла йышăнать:

1. КПСС обкомĕн бюровне тата хаҫат редакторĕсене Яковлевпа Карташов юлташсене ҫак постановленире палăртнă ҫитменлĕхсене пĕтерме, «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсен идейăпа политикăллă содержанине тĕпренех лайăхлатма кирлĕ мерăсем йышăнма хушас, хаҫатсем республикăри мĕнпур ĕҫсене ертсе пырас тĕлĕшпе обласри парторганизацин хăватлă хĕҫпăшалĕ пулма тивĕҫ.

Пленум ҫапла шутлать: Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин политикипе ĕҫĕсене пропагандăласси, ĕҫсыннисене Ленин—Сталин партине вĕҫĕмсĕр парăнса тăма тата халăхсен туслăхне ҫирĕплетме воспитани парасси, вĕсене Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панă задачăсене пурнăҫа кĕртме мобилизацилесси хаҫатсен тĕп задачи пулса тăрать.

2. КПСС обком бюровне пичетре тата сăмахпа пропаганда тата агитаци тăвас ĕҫе малалла лайăхлатас тĕлĕшпе «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсене тĕп вырăна хума, вĕсем ҫине таянса, массăсене политикăллă воспитани парас ĕҫĕн пур участокĕсене те куллен активлă влияни парса тăма, пропагандăпа агитацие парти енчен ертсе пырассине вăйлатма хушас.

Ҫак шутпа:

а) республикăри хаҫатсен страницисенче марксизм-ленинизма пропагандăлас ĕҫе тĕпренех лайăхлатмалла, уйрăмах И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине, КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе материалĕсене тата ССР Союзне 1951—1955 ҫулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк ҫуллăх плана тĕплĕн ăнлантарса памалла. Тăтăшах теорилле статьясем, консультацисем, вулакансен ыйтăвĕсем ҫине панă ответсем тата чи лайăх лекцисем пичетлесе тăмалла, пропагандăлла статьясен идейăпа теорилле шайне ÿстермелле, вĕсене коммунизм строительствин конкретлă задачисемпе тачă ҫыхăнтармалла. Республикăри теори тĕлĕшĕнчен лайăх хатĕрленнĕ пропагандистсен вăйĕсене республикăри хаҫатсем тавра пĕрлештермелле;

б) агитаторсене пулăшма пĕрмаях материалсем пичетлесе тăмалла, кунта халăхăн тĕрлĕ сийĕсем хушшинчи политикăллă агитацин уйрăмлăхĕсене шута илмелле; коммунизм тăвакан совет халăхĕн ĕҫри пысăк хастарлăхĕ ҫинчен тĕрĕс каласа памалла; ҫынсен ăс-тăнĕнче тĕрлĕ майпа палăракан капитализм юлашкисене тăрă шыв ҫине кăлармалла; политикăллă агитацин идейăллăхĕпе витĕмлĕхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешмелле; агитациллĕ ĕҫĕн методика ыйтăвĕсем ҫинчен материалсем пичетлемелле;

в) аслă шкулсен, наукăпа тĕпчев институчĕн, шкулсен, специальнăй шкулсен, культурăпа ҫутĕҫ учрежденийĕсен, кино, радио ĕҫне яланах хаҫатсен куҫĕ умĕнче тытмалла, вĕсен ĕҫĕ ҫинчен яланах квалификациллĕ материалсем пичетлесе тăмалла тата ĕҫсыннисене коммунизмла воспитани парас ĕҫре идеологилле учрежденисене тĕплĕн пулăшса пымалла;

г) литература, искусство тата издательство ыйтăвĕсене ҫутатса тăрас ĕҫе тĕпренех лайăхлатмалла, чăваш писателĕсен, композиторĕсен, художникĕсен, театрĕсен ĕҫĕсем ҫинчен тăтăшах материалсем пичетлесе пымалла, литературăпа искусство произведенийĕсене марксистла-ленинла тарăнăн пăхса тухмалла, формипе нацилле, содержанийĕпе социализмла чăваш культурине аталанма активлăн пулăшмалла; ҫĕнĕ кĕнекесен списокне пичетлесе пымалла тата Чăвашсен государство издательстви кăларакан пĕтĕм литературăна рецензи памалла; идеологилле пăсăксене хирĕҫ тапăланах кĕрешмелле.

3. Республикăри хаҫатсен редакторĕсене пропагандăна агитаци опычĕ ҫинчен, парти организацийĕсем идеологилле ĕҫе ертсе пыни ҫинчен тăтăшах материалсем пичетлеме, лайăх опыта пур майсемпе те сарма тата ку ĕҫри ҫитменлĕхсемпе йăнăшсене хăюллă критиклеме, идеологилле ĕҫе ҫителĕклĕ хакламаннине хирĕҫ тапăланах кĕрешме хушас.

4. КПСС обкомĕн бюровне тата хаҫат редакцийĕсене парти пурнăҫĕн пайĕсен ĕҫне тĕпренех лайăхлатма тата партиллĕ-организациллĕ, партиллĕ-политикăллă ĕҫĕн ыйтăвĕсене тăтăшах ҫутатса тăма хушас. Уйрăмах партин ҫĕнĕ Уставĕ тата партин шалти демократийĕ хушнисене тĕрĕс туса пыни ҫине, парти организацийĕсен, уйрăмах колхозри парторганизацисен кĕрешÿ пултарулăхне ÿстересси ҫине, партиллĕ ĕҫе хуҫалăх ĕҫĕпе тĕрĕс ҫыхăнтарса пырасси тата совет па хуҫалăх органĕсен ĕҫне парти органĕсем хăйсем ҫине илнине хирĕҫ кĕрешесси ҫине, партипе государство дисциплинине пур майсемпе те ҫирĕплетесси ҫине, партипе государство аппаратĕн пур сыпăкĕсенче те политикăллă сыхлăха ÿстересси ҫине, кадрсене тĕрĕс суйласа илесси тата ĕҫе тунине тĕрĕслесси ҫине, самокритикăна тата уйрăмах аялтан килекен критикăна вăйлатасси ҫине тимлĕн пăхмалла.

Хаҫат редакцийĕсене комсомол пурнăҫне тата комсомола парти енчен ертсе пырас ыйтусене ҫутатас ĕҫе лайăхлатма хушас.

5. Пленум хаҫатсен страницисем ҫинче Советсен ĕҫне, ҫавнашкалах профсоюз тата ытти обществăллă организацисен ĕҫне, хуҫалăхпа культура строительствин задачисене пурнăҫа кĕртес ĕҫре вĕсен ролĕпе ответлăхне ÿстерес ыйтусене лайăхрах ҫутатма кирлĕ тесе шутлать. Кунта уйрăмах Советсен хуҫалăхла-организаторла ĕҫĕпе культурăпа воспитани ĕҫĕ ҫине, Советсен ĕҫне ĕҫсыннисен йышлă массисене хутшăнтарасси ҫине, Советсем суйлавҫăсен наказĕсене пурнăҫа кĕртни, ĕҫсыннисен ҫырăвĕсемпе ыйтăвĕсене пăхса тухни ҫине, халăхăн культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕҫтерни (коммуналлă предприятисем, йăлара кирлĕ мастерскойсем мĕнле ĕҫлени, суту-илÿ, республикăри хуласемпе ялсене благоустройство туни) ҫине тата сывлăха сыхлас ĕҫ ҫине тимлĕн пăхмалла.

Советсен лайăх опытне пĕтĕҫтерекен материалсем тăтăшах пичетлесе тăмалла, министерствăсен, управленисен, районти тата хулари Советсен исполкомĕсен, ҫавнашкалах ял тата поселок Совечĕсен ĕҫĕнчи ҫитменлĕхсемпе йăнăшсене татăклăнах тупса палăртмалла.

6. Республикăри хаҫатсен редакцийĕсене промышленноҫпа транспорт ĕҫне ытларах ҫутатма, республикăн индустрилле аталанăвне конкретлă тĕслĕхсемпе кăтартса пама, уйрăм предприятисемпе промышленность отраслĕсен ĕҫне малалла лайăхлатмалли резервсене тупса палăртма, ҫав резервсемпе пĕтĕмĕшпех усă курассишĕн ҫине тăрса кĕрешме, малта пыракан предприятисемпе лайăх стахановецсен ĕҫри опытне яланах пропагандăлама хушас. Строительство материалĕсем туса кăларакан предприятисемпе ҫĕнĕ стройкăсен ĕҫне уйрăмах лайăх ҫутатса пымалла. Хаҫатсен государство планĕсемпе заданийĕсене промышленноҫпа транспорт предприятийĕсем пурте срокчен тултарассишĕн, ĕҫ тухăҫлăхне ÿстерессишĕн, перекетлĕх режимне ҫирĕп тытса пырассишĕн тата туса кăларакан продукци пахалăхне ÿстерессишĕн пыракан социализмла ăмăртăвăн чăн-чăн трибунĕ пулса тăмалла.

7. КПСС обкомĕн бюровне, «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсен редакцийĕсене ялхуҫалăхĕнчи тĕп задачăна пурнăҫлас ĕҫре хаҫатсен рольне ÿстерме хушас тата ялхуҫалăхĕн мĕнпур культурисен тухăҫлăхне ÿстерес, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн продуктивлăхне чылай ÿстерес, ялхуҫалăхĕнче малта пыракан техникăпа агрокультурăна ĕҫе кĕртнĕ никĕс ҫинче колхозсен обществăллă хуҫалăхне ҫирĕплетсе тата аталантарса пырса, совхозсемпе МТС-сен ĕҫне лайăхлатса, ҫĕрĕсĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫĕн пĕтĕм продукцийĕпе таварлă продукцине ÿстерес задачăна пурнăҫа кĕртес тĕлĕшпе сарăлса пыракан социализмла ăмăртăва анлăн ҫутатса пыма хушас. Малта пыракан колхозсен, МТС-сен, производство бригадисен тата выльăх-чĕрлĕх фермисен опытне тĕплĕ пĕлсе пропагандăламалла, ялхуҫалăх Уставне ҫирĕп тытса пырассишĕн, уйрăм харпăрлăхла туртăмсене хирĕҫ, колхозсен обществăллă хуҫалăхне—колхозниксен пурнăҫне пĕрмаях лайăхлатса пымалли никĕсе пур майсемпе те аталантарса, вăйлатса пырассишĕн, государство умĕнчи натурăпа тата укҫан тÿлемелли обязательствăсене вăхăтра тата чыслăн пурнăҫласа пырассишĕн ҫине тăрса кĕрешмелле.

8. «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсен редакцийĕсене, хаҫат ĕҫне малта пыракан рабочисене, колхозниксене, интеллигенцие, парти, совет тата хуҫалăх ĕҫĕнчи ертсе пыракан работниксене, парти организацийĕсен секретарĕсене, пропагандистсене, агитаторсене, наука работникĕсене, писательсене, искусство деятелĕсене хутшăнтарса, корреспондентсен активне ÿстерме хушас; корреспондентсемпе ĕçлессине татăклăнах лайăхлатмалла, редакци тулашĕнчи авторсен активĕн пухăвĕсене пухса, редакцисен ĕҫ планĕсене сÿтсе явмалла, ҫавнашкалах вулакансен пухăвĕсене пухса, редакторсен унта хаҫат ĕҫĕсем ҫинчен доклад туса памалла.

9. «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫат редакцийĕсене районти, хулари хаҫатсем, ҫамрăксен республикăри хаҫачĕ, нумай тиражпа тухакан хаҫатсем ҫинчен, ҫавнашкалах вырăнти радио тăрăх паракан материал ҫинчен тăтăшах обзорсем пичетлесе тăма, вĕсене канаш тата конкретлă кăтартусем парса пулăшма хушас. «Ялав» тата «Тăван Атăл» журналсем ҫинчен тăтăшах рецензисем пичетлемелле. Стена хаҫачĕсемпе боевой листоксен опытне пĕтĕҫтерекен материалсем пичетлесе тăрассине республикăри хаҫатсен пысăк задачи тесе шутлас.

Республикăри хаҫатсенче хулари, районти хаҫатсемпе нумай тиражлă хаҫатсенче тата вырăнти журналсенче тухнă чи лайăх материалсене—фельетонсене, очерксене, калавсене час-часах илсе пичетлемелле.

10. Обком бюровне тата хаҫат редакторĕсене Яковлевпа Карташов юлташсене хаҫат страницисенче критикăпа самокритикăна хăюллăн сарма, уйрăм ҫитменлĕхсене палăртса пыма кăна мар, ĕҫре ҫитменлĕхсемпе йăнăшсем патне илсе пыракан сăлтавсене кăтартса пама, вĕсене пĕтерсе пыма хушас. Кашни номертах ĕҫсыннисен ҫырăвĕсене пичетлемелле, вулакансен ҫырăвĕсем ҫине тимлĕн пăхмалла, редакцие пыракан пĕр ҫырăва та ахаль хăвармалла мар, авторсене вĕсен ҫырăвĕсем тăрăх йышăннă мерăсем ҫинчен пĕлтермелле.

Обком бюровне, КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсене, ҫавнашкалах совет, профсоюз тата комсомол органĕсене хаҫатра пичетленĕ материалсене вăхăтра пăхса тухма, вĕсем тăрăх витĕмлĕ мерăсем йышăнма, пичетре пулнă критика ҫине тĕрĕс мар пăхакан ҫынсене хытă ответ тыттарма хушас.

11. Хаҫат редакцийĕсене материалсене тĕрлĕ формăсемпе ҫырма, кашни заметкăна, корреспонденцие, статьяна ҫивĕч, витĕмлĕ, ăнланмалла тума, йăнăшсене пĕтерме, хаҫатсене полиграфи тĕлĕшĕнчен илемлĕрех кăларма хушас.

Хаҫатсен чĕлхине, уйрăмах «Коммунизм ялавĕ» хаҫат чĕлхине, лайăхлатасси ҫине тимлĕ пăхмалла, вырăсларан чăвашла куҫарассине лайăхлатмалла.

12. Обком бюровне «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаҫатсен редакцийĕсене квалификациллĕ журналистсен кадрĕсем пама, редакцисен ĕҫ планĕсене пăхса тухса ҫирĕплетме, кашни ҫулах КПСС обком бюровĕнче республикăри хаҫат редакторĕсен отчечĕсене итлеме, хаҫатсен ĕҫне куллен ертсе пыма хушас. Редакцисенчи пуҫламăш парторганизацисен ĕҫне лайăхлатас, пичет работникĕсене партипе государство дисциплинине ҫирĕп тытса пыма воспитани парас, вĕсен идейăллă пĕлĕвĕпе ĕҫри квалификацине ÿстерес тĕлĕшпе тивĕҫлĕ мерăсем йышăнмалла.

13. Обком бюровне, КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсене халăх хушшинче хаҫат-журнал сарас ĕҫе лайăхрах ертсе пыма хушас.

* * *

КПСС Чăваш обкомĕн IV пленумĕ ҫапла шутлать: пичете тата идеологилле ĕҫĕн пур участокĕсене те парти енчен ертсе пыни хуҫалăхпа политикăллă задачăсене ăнăҫлă пурнăҫлама чи кирлĕ услови пулса тăрать, вăл республикăри парти организацийĕсене пурне те КПСС XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем тăрăх идейăпа политикăллă ĕҫе куллен ертсе пыма коммунистсемпе мĕнпур ĕҫсыннисене Ленин—Сталин партийĕ тавра тата та тачăрах пĕтĕҫтерме, вĕсене коммунизм строительствин аслă задачисене пурнăҫа кĕртмешкĕн мобилизацилеме хушать.

*КПСС Чăваш обкомĕ.*

## Колхоз председателĕсен республикăри канашлăвĕ

Апрелĕн 3—4-мĕшĕсенче Шупашкарта Чăваш республикинчи колхозсен председателĕсен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлура парти райкомĕсен секретарĕсем, райисполкомсен председателĕсем, МТС директорĕсем тата районсенчи ялхуҫалăх пайĕсен заведующийĕсем пулчĕҫ.

Кĕске сăмах каласа, канашлăва КПСС Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ **Ахазов** юлташ уҫрĕ.

Канашлу участникĕсем ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн председателĕн тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕн, пĕтĕм тĕнчери ĕҫсыннисен аслă тата ăслă учителĕн Иосиф Виссарионович Сталинăн ҫутă сăнарне ура ҫине тăрса чыс турĕҫ.

Канашлăва пухăннисем пысăк хавхаланупа хисеплĕ президиума Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Г. М. Маленков юлташ ертсе пыракан Президиумне суйларĕҫ. 1952 ҫул итогĕсем тата тырпул тухăҫлăхне хăпартас, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе 1953 ҫулта тăракан задачăсем ҫинчен Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕ **Афанасьев** юлташ доклад турĕ.

Канашлура Мари АССР-ĕн делегацийĕ пулчĕ. Делегаци составĕнче—Мари АССР-ĕн Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ **Щербаков** юлташ, Мари АССР Ялхуҫалăх министрĕн заместителĕ **Гурьев** юлташ, Горно-Марийски район Совечĕн исполкомĕн председателĕ **Кашков** юлташ, Оршански районти Ухтомский ячĕпе тăракан колхоз председателĕ **Помаскин** юлташ, Елаховски МТС директорĕн политика енĕпе ĕҫлекен заместителĕ **Михайлов** юлташ.

Доклад тăрăх пренире ҫак юлташсем тухса каларĕҫ: Октябрьски районĕнчи «Путь коммунизма» колхоз председателĕ **Ефимов**, Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ **Андреев**, Ҫĕрпÿри государство селекци станцийĕн директорĕ **Лукьяненко**, Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз председателĕ **Хайлов**, Элĕк районĕнчи «Динамо» колхоз председателĕ **Узьянов**, Шупашкар районĕнчи «Память Ленина» колхоз председателĕ **Миславский**, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ **Самылкин**, Чăваш АССР Ялхуҫалăх министрĕн заместителĕ **Захаров**, КПСС Чкаловски райкомĕн секретарĕ **Тимофеев**, Красноармейски районĕнчи «Путь Ленина» колхоз председателĕ **Зорин**, Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председателĕ **Яковлев**, республикăри «Заготлен» кантурĕн управляющийĕ **Стрельников**, Йĕпреҫ МТС директорĕ **Курманин**, Ҫĕмĕрле районĕнчи «Победа» колхоз председателĕ **Носков** юлташсем.

Кÿршĕри тăван Мари республикинчен килнĕ делегат—Мари АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ **Щербаков** юлташ канашлу участникĕсене Мари республикинчи колхозниксемпе механизаторсем ячĕпе саламларĕ, Мари республикинчи колхозниксем ялхуҫалăхĕнче ҫĕнĕ ҫитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешни ҫинчен каласа пачĕ.

Ун хыҫҫăн пренире Чăваш АССР Ялхуҫалăх министрĕ **Мартынов** юлташ, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Социализмлă Ĕҫ Геройĕ **Зайцев**, Чăвашсен ялхуҫалăх институчĕн профессорĕ **Пельцих**, Ҫĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз председателĕ **Павлов**, Чăваш АССР Сывлăх министрĕ **Ефимова**, Муркаш МТС директорĕ **Лаврентьев**, Канаш районĕнчи «Канаш» колхоз председателĕ **Львов**, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозри парторганизаци секретарĕ **Пашин** тата Чăвашпотребсоюз правленийĕн председателĕ **Балашов** юлташсем тухса каларĕҫ.

Канашлу 1953 ҫулта тырпул тухăҫлăхне, обществăллă выльăх-чĕрлĕхĕн йышĕпе тухăҫлăхне хăпартса пырассишĕн вăйлăн кĕрешме пулса, социализмла обязательствăсем илчĕ, кăҫалхи ялхуҫалăх ĕҫĕсене лайăх ирттерессишĕн тата государство умĕнчи обязательствăсене срокчен тултарассишĕн Мордвапа Мари республикисенчи ялхуҫалăх ĕҫченĕсемпе ăмăртса ĕҫлеме йышăнчĕ.

Канашлу хупăнас умĕн КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Т. А. Ахазов юлташ сăмах тухса каларĕ. Вăл кăҫал республикăри ялхуҫалăх работникĕсем умĕнче тăракан задачăсене тĕплĕн кăтартса пачĕ.

Канашлу участникĕсем, пĕр шухăшкăмăллă пулса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечне салам ҫыру яма йышăнчĕҫ.

# КПСС ЧĂВАШ ОБКОМĔН IV-мĕш ПЛЕНУМĔ

Апрелĕн 1-мĕшĕнче КПСС Чăваш обкомĕн черетлĕ, IV-мĕш пленумĕ пулса иртрĕ. КПСС обком секретарĕ Т. А. Ахазов юлташ сĕннипе пленумра пулнисем халăхсен аслă çулпуçĕпе учителĕ—Иосиф Виссарионович Сталин юлташăн çутă ятне ура çине тăрса хисеплерĕç.

Пленум «Республикăри «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаçатсен ĕçĕ çинчен» В. Я. Яковлевпа С. В. Карташов юлташсен доклачĕсене итлесе сÿтсе яврĕ.

— Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тата Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле ĕçĕ,—тет «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакторĕ **Яковлев** юлташ,—пирĕн пичет умне ответлă задачăсем кăларса тăратрĕç. Пирĕн хаçатсен ĕçсыннисене коммунизм обществи тăвассишĕн творчествăлла ĕçе мобилизацилемелле.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ парти комитечĕсене пропагандăна лайăхлатас тĕлĕшпе хăйсен хаçачĕсем çине таянса ĕçлеме, массăсене политикăлла воспитани парас ĕçри мĕнпур участоксене влияни пама, пропаганда ĕçне ертсе пырассине вăйлатма хушать. Çакăнпа пĕрлех парти комитечĕсен хăйсен хаçачĕсем пулăшнипе агитациллĕ-пропагандăллă ĕçпе партиллĕ-организациллĕ ĕçĕн пуян опытне пĕтĕçтермелле, ĕçри çитменлĕхсене критиклемелле, хаçат редакцийĕсенче чăннипе партиллĕ йĕрке туса хумалла.

Авторсемпе тата ĕçсыннисен çырăвĕсемпе ĕçлес ыйту çинче чарăнса тăрса, докладчик çакна кăтартса парать: хаçата ялан çырса тăракан корреспондентсем 700 çын ытла шутланаççĕ. Вĕсем—парти, совет, хуçалăх работникĕсем, учительсем, медицина работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, колхоз председателĕсем, бригадирсем, фермăсен заведующийĕсем, рабочисем, культурăпа çутĕç учрежденийĕсенче ĕçлекенсем, искусствăпа литература работникĕсем.

1952 çулта редакцие пурĕ 11 пин çыру килнĕ. Вĕсенчен 5.325 çырăва хаçатра пичетлесе кăларнă. 4 пин çыру пирки авторсене тивĕçлĕ ответ панă. Тĕрĕслеме янă çырусенчен 93 проценчĕ тĕрĕс пулнине палăртнă.

Анчах та корреспондентсемпе тата ĕçсыннисен çырăвĕсемпе ĕçлес ĕçре çаплах пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Авторсен канашлăвĕсене, корреспондентсен, парти, совет, комсомол активĕн пухăвĕсене сайра хутра ирттеретпĕр. Ĕçсыннисен çырăвĕсенче хускатнă ыйтусене вĕçне çитерессишĕн редакци çителĕксĕр кĕрешет. Хăшпĕр çырусем пирки час-часах авторсем вăхăтра ответ илеймеççĕ.

Пирĕн парти партири демократие, самокритикăна тата аялтан килекен критикăна вăйлатас тĕлĕшпе туса ирттернĕ ĕçсем парти организацийĕсене партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçри чылай çитменлĕхсене пĕтерме пулăшрĕ. Çакă вăл пирĕн хаçатсен ĕçĕнче те палăрса тăрать. Парти пурнăçĕ çинчен тăракан ыйтăва лайăхрах çутатма пуçланă, хаçатра пирĕн республикăри парти организацийĕсен нумай енлĕ пурнăçне çутатса паракан статьясемпе корреспонденцисем нумайрах тухма пуçларĕç.

1952 çулта редакци парти ыйтăвĕсем тăрăх 943 çыру илнĕ, вĕсенчен 590 çырăвне хаçатра пичетлесе кăларнă. Вĕсен авторĕсем—райком, хула комитет, обком секретарĕсем, парти комитечĕсен ытти работникĕсем, пуçламăш парторганизаци секретарĕсемпе вĕсен заместителĕсем, агитаторсем, пропагандистсем, рядовой коммунистсем.

Районсенчи парти работникĕсем сĕннипе хаçат редакцийĕ 1951 çулхи çуркуннерен пуçласа «Партиллĕ ĕç ыйтăвĕсем» ятлă пайра КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен секретарĕсен статьисене пичетлеме пуçларĕ. Çав вăхăтран пуçласах хаçат «Пуçламăш парторганизацин ĕç опытĕнчен» ятлă пайра предприятисемпе колхозсенчи парторганизацисен секретарĕсен статьисене пичетлесе пырать.

1952 çулхи май уйăхĕччен хаçатра тăтăшах (уйăхра икĕ-виçĕ хутчен) комсомол пурнăçне çутатакан материалсем пичетлесе пынă. Анчах «Çамрăк коммунист» хаçат тухма пуçланă хыççăн «Коммунизм ялавĕ» хаçат комсомол пурнăçĕ çинчен тăракан ыйтусене сахалтарах çутатма пуçларĕ.

Ĕçсыннисене революциллĕ сыхăлăхла пулма воспитани парасси, тет Яковлев юлташ, хаçатсен пысăк задачи пулса тăрать. Юлашки вăхăтра хаçат политикăллă сыхăлăха ÿстерес ыйтусем тăрăх чылай умстатьясем, фельетонсемпе ытти статьясем пичетлесе кăларчĕ.

Коммунистсен политикăллă сыхăлăхне ÿстерес тĕлĕшпе парти райкомĕ мĕнле ĕçлени çинчен вулакансене КПСС Шупашкар райкомĕн секретарĕ Зайцев юлташ калаcа панă. Çăвар карса ларнипе тиксĕрлĕхе хирĕç кĕрешесси çинчен КПСС Канаш хула комитечĕн секретарĕ Новиков юлташ çырнă статьяра тĕплĕн каласа панă. Анчах пирĕн хаçат ĕçсыннисемпе вăрçене революциллĕ сыхăлăха ÿстерме воспитани парас тĕлĕшпе парти организацийĕсене çаплах çителĕксĕр пулăшать-ха.

Редакци агитаторсемпе пропагандистсене пулăшма тăрăшать. Вăл ТАСС тата «Правда» Пресс-бюровĕ ярса паракан материалсене пичетленисĕр пуçне, агитаторсемпе пропагандистсене пулăшма вырăнти авторсен статйисене пичетлет, вулакансен ыйтăвĕсем тăрăх ответсем парать, агитациллĕ-массăллă ĕç опычĕ çинчен каласа паракан материалсемпе лайăх агитаторсен калаçăвĕсене пичетлет.

Хаçатра Канаш районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозри парти организацийĕн агитколлективĕн ĕç опытне çутатса панă.

Анчах хаçат политикăллă агитаци ĕç опытне çителĕксĕр пĕтĕçтерет, районти хаçатсене тата нумай тиражлă хаçатсемпе стена хаçачĕсене пăхса тухнă материалсем сахал пичетлет.

Хаçат парти организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсемпе йăнăшсене хăюллăнрах уçса палăртма тытăнчĕ. Вăл парти организацийĕсем Устав хушнисене мĕнле пурнăçласа пыни çинчен, парти членĕсен кандидачĕсемпе ĕçлесси çинчен, дисциплина çинчен статьясем пичетлет. Анчах хаçатра пичетленекен материалсен пахалăхĕ пур чухне те тивĕçлĕ вырăнта тăмасть. Хаçатра çаплах парти ĕçĕнчи çитменлĕхсене тарăнăн уçса çутатакан тата парти организацийĕсене ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме пулăшакан критикăллă материалсем сахал пулаççĕ.

Партин хăшпĕр работникĕсем критика çине тĕрĕс мар пăхаççĕ. «Коммунизм ялавĕ» хаçатра «Большевикла критикăпа самокритикăна пур майсемпе те вăйлатмалла» текен статья пичетленсе тухрĕ. Статьяра КПСС Шăхасан райкомĕн секретарĕ Родионов юлташ районти парти организацийĕнче критикăпа самокритикăна вăйлатма пулăшманни çинчен каланă. Анчах Родионов юлташ критикăна тĕрĕс йышăнас вырăнне, ăна пур майсемпе те сирсе яма тăрăшнă.

«Коммунизм ялавĕ» пропагандистла статьясем, вăл шутра вырăнти авторсен статьисене те пичетлет, коммунистсемпе ĕçсыннисен аслă массисене партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсен материалĕсене тата И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенине вĕренес ĕçре пулăшу пама тăрăшать. Анчах, йышăнас пулать, хаçат пропагандистла статьясем çаплах çителĕксĕр пичетлет, вырăнти авторсемпе начар ĕçлет.

Культура, литературăпа искусство ыйтăвĕсене çутатас тĕлĕшпе хăшпĕр çитĕнÿсем туна. Халăха вĕрентес ĕç çине хаçат тимлĕрех пăхма пуçларĕ. Вăл шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçне лайăхлатма кирли çинчен, обществăлла наукăсене вĕрентессине лайăхлатасси çинчен, политехникăллă вĕренĕве куçма хатĕрленесси çинчен, класс тулашĕнче ĕçлесси çинчен, пионер организацийĕсем çинчен пĕр хут çеç мар çырнă. Анчах вăл аслă шкулсемпе специальнăй вăтам шкулсен пурнăçне, наукăпа тĕпчев институчĕн ĕçне, республикăри наука ĕçне питех те сахал çутатать.

Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен, кино тата радио ĕçĕсене çутатас пирки те çавнах калас пулать.

Хаçат литературăпа искусство ыйтăвĕсем çине ытларах пăхать, анчах унăн ку тĕлĕшпе те хăйĕн ĕçĕсене чылай вăйлатни кирлĕ.

Ялхуçалăх ыйтăвĕсем хаçатра чи пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Иртнĕ çул ялхуçалăхĕн тĕрлĕ ыйтăвĕсем тăрăх 1.315 корреспонденци пичетлесе кăларнă. Хаçат ялхуçалăхĕнче малта пыракансен çитĕнĕвĕсене пропагандăлать, колхозсемпе МТС-сен ĕçĕнчи çитменлĕхсене уçса палăртать. Хаçатра çавăн пекех ялхуçалăхĕнчи социализмла ăмăртăва тата Чăваш республикипе Мордва, Мари республикисем хушшинче пыракан социализмла ăмăртăва çутатать.

Хаçатăн задачи вăл—ялхуçалăх ыйтăвĕсене çутатас ĕçри çитменлĕхсене татăклăн пĕтересси тата республикăри парти организацийĕсене партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлама активлă пулăшасси пулать.

Отчетлă тапхăр хушшинче хаçат промышленноçпа транспорт ыйтăвĕсене тăтăш çутатса пынă. Хаçат ĕçне корреспондентсем хастарлă хутшăнаççĕ. Вĕсем промышленность предприятийĕсемпе чугун çул транспортĕнчи ĕç опычĕсем çинчен каласа параççĕ. Хаçатра вăрман промышленноçĕнче график тăрăх тата потоклă-комплекслă йĕркепе ĕçлесси çинчен, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли опыт çинчен, производство культури çинчен, поездсен йывăр составĕсене илсе çÿремелли опыт çинчен, строительсен ĕçри çĕкленĕвĕ çинчен тата ыттисем çинчен те уйрăм полосасем пичетлесе кăларнă. Анчах та, калас пулать, промышленноçпа транспорт ĕçне çутатас ĕçре çаплах пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Хаçатра малашлăха уçса кăтартакан статьясем сахал пичетленеççĕ. Вырăнти промышленность, чугун çул тата строительство ыйтăвĕсене те хаçат çителĕксĕр çутатать.

Малалла докладчик совет строительстви ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăрать. Иртнĕ çул хаçат ял Советĕсен ĕç опычĕ çинчен, çавăн пекех советсен организациллĕ-массăллă ĕçĕ çинчен, яланхи комиссисен ĕçĕсем çинчен, ĕçе плановассi çинчен, хуçалăхлă-политикăллă задачăсене татса парас тĕлĕшпе вырăнти Советсен пĕлтерĕшне ÿстересси çинчен чылай статьясем пичетленĕ.

Хаçат финанс органĕсен, суту-илÿ предприятийĕсен, сывлăх учрежденийĕсен ĕçĕсем çинчен çырусемпе материалсем сахал пичетлет.

Хаçат ĕçĕнче вырăнти информаци пысăк вырăн йышăнса тăрать. Информаци тематикипе содержанийĕ пăртакăх лайăхланчĕ. Анчах хаçат редакцийĕ информацие пуянлатас тĕлĕшпе çаплах çителĕклĕ мерăсем йышăнман-ха.

Юлашкинчен Яковлев юлташ хаçат работникĕсен кадрĕсене суйласа илсе воспитани парас ыйтусем çинче чарăнса тăрать.

* * *

Иртнĕ çулта, тет хăйĕн докладĕнче «Советская Чувашия» хаçат редакторĕ **Карташов** юлташ, редакци пурĕ 11.045 çыру илнĕ. Вĕсенчен 4.054 çырăва хаçатра пичетлесе кăларнă. Тĕрлĕ организацисене тĕрĕслесе тухма тата тивĕçлĕ мерăсем йышăнма 2.325 çыру ярса панă. Хаçатра пичетленмен çырусенчен чылайăшĕпе çырусене пăхса тухнă материалсенче тата редакциллĕ статьясенче усă курнă. Шупашкар хулинчи ĕçсыннисенчен çырусем çителĕклĕ таранах килсе тăраççĕ пулсан, Шăмăршă, Кувакино тата Элĕк районĕсенчен çырусем питех те сахал килеççĕ.

Ĕçсыннисем чылай çырусемпе корреспонденцисем тăрăх редакцирен ответсем илеймеççĕ. Хăшпĕр çырусемпе жалобăсем тăрăх авторсем ответ питех те кая юлса илеççĕ. Ĕç çакăн пек килсе тухнăшăн, чи малтан, редакци хăй, çавăн пекех тата ĕçсыннисен çырăвĕсем çине начар пăхакан организацисемпе учрежденисен руководителĕсем те айăплă. Вĕсем редакцие йышăннă мерăсем çинчен вăхăтра пĕлтермеççĕ. Тĕслĕхрен, Чăваш АССР Сутĕç министерстви ку таранччен редакцие 9 жалоба тăрăх мĕнле мерăсем йышăнни çинчен пĕлтермен. Ку жалобăсем министерствăра иртнĕ çултанпа выртаççĕ. Çавăн пекех редакци иртнĕ çултанпа 5 çыру пирки Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнчен ответ илеймест. Сĕнтĕрвăрри, Сĕнтĕр райисполкомĕсенчен, Элĕк, Ишлей, Улатăр районĕсенчи прокурорсенчен, КПСС Комсомольски райкомĕпе Советски райкомĕнчен иртнĕ çул ярса панă хăшпĕр çырусем тăрăх ку таранччен ответ илеймен.

«Советская Чувашия» хаçата активлă çырса тăракансем 800 çын патне яхăн шутланаççĕ. Вĕсем—рабочисем, колхозниксем, ялхуçалăх специалисчĕсем, партипе комсомол работникĕсем, врачсемпе учительсем тата ыттисем те. Отчетлă тапхăрта корреспондентсен республикăри канашлăвне пĕр хутчен ирттернĕ. 1952 çулта ялкорсемпе стена хаçат редакторĕсен канашлăвĕсене пур районсенче те тенĕ пекех ирттернĕ. Редакци пайĕсем çумĕнче тĕрлĕ ыйтусем тăрăх пурĕ 4 канашлу ирттернĕ, вĕсенче пайсен планĕсене сÿтсе явнă.

Иртнĕ икĕ çул хушшинче редакци Шупашкăр, Улатăр, Канаш, Çĕмĕрле хулисенчи вулакансем умĕнче отчет туса панă. Кунсăр пуçне редакци ĕçĕсем çинчен редколлеги членĕсемпе редакцин ытти ответлă работникĕсем Вăрнар, Елчĕк, Вăрмар, Куславкка тата ытти хăшпĕр районсенче отчетлă докладсем туса панă.

Хаçат ĕçĕнчи пысăк çитменлĕх вăл — районсенчи, хуласенчи тата заводсенчи хаçатсемпе колхозсенчи тата предприятисенчи стена хаçачĕсене çителĕксĕр пулăшни пулать.

Парти пурнăçĕпе пропаганда ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăрса, Карташов юлташ отчетлă тапхăрта «Советская Чувашия» хаçат марксизм-ленинизм теорине вĕренекенсене пулăшма 170 статья ытла пичетлесе кăларнине палăртать. Вăл шутран 47 статьи—вырăнти авторсем çырнă материалсем пулнă. Редакци И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле ĕçĕ çинчен, çавăн пекех тата философи ыйтăвĕсем, парти историйĕ тăрăх пропагандистла статьясем пичетленĕ. Хаçатра пичетлесе кăларнă чылай материалсем чăваш çĕршывĕнчи революциллĕ юхăм ыйтăвĕсене, çавăн пекех чăваш халăхĕ совет влаçĕшĕн кĕрешнине çутатса параççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ хыççăн хаçатра парти съезчĕн решенийĕсене пропагандăлас тĕллевпе ятарласа полосасем пичетлесе кăларнă. Вĕсем çаксем пулаççĕ: «Производство резервĕсене тупса палăртса вĕсемпе усă курасси», «Ялхуçалăхне малалла аталантарассишĕн», «Çĕнĕ пилĕкçуллăхăн пĕр кунĕ» тата ыттисем те.

1952 çулта хаçатра парти ыйтăвĕсем тăрăх 575 статья тата корреспонденци пичетлесе кăларнă. Вăл çырусенче парти работникĕсем пропагандăпа агитаци ĕçне, промышленноçпа ялхуçалăхне ертсе пырас ĕç опычĕ çинчен, кадрсене суйласа илсе воспитани парасси çинчен, политикăллă сыхăлăха ÿстересси çинчен, партипе государство дисциплинине тытса пырасси çинчен каласа параççĕ. Аялтан килекен критикăна вăйлăрах аталантарас тĕллевпе хаçат «Хуласемпе районсенчи конференцисен делегачĕсем тухса каланă хыççăн» ятлă пайра чылай çырусем пичетлесе кăларнă.

Хаçат пуçламăш парторганизацисене Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри тата Пăрачкав МТС-ĕнчи парторганизацисен агитациллĕ-массăллă ĕç опытне анлăн çутатса пысăк пулăшу пачĕ. Вырăнти Советсен суйлавĕ вăхăтĕнче хаçат хăшпĕр агитколлективсен ĕçне çутатса пачĕ. Анчах юлашки вăхăтра хаçат çак ыйтăва çутатассине вăйсăрлатрĕ.

— Калас пулать,—тет докладчик, — парти пурнăçне çутатас тĕлĕшпе редакци ĕçĕнче çаплах пысăк çитменлĕхсем пурха. Парти пурнăçĕн ыйтăвĕсем тăрăх çырса тăракан авторсен активĕ çителĕксĕр. Редакци парти работникĕсене партипе комсомол ыйтăвĕсем тăрăх çырса тăма хутшăнтарас тĕлĕшпе начар ĕçлет. Хаçатра КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен, çавăн пекех тата республикăра организацисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене тарăннăн çутатса критиклекен материалсем сахал пичетленеççĕ.

Хаçат парти вĕренĕвĕн ыйтăвĕсене начар çутатать. Уйрăмах парти вĕренĕвĕнче партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсемпе И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине вĕренес ĕç мĕнле пынине начар çутатать. Редакци парти ыйтăвĕсем тăрăх çырса тăракан корреспондентсен канашлăвĕсене сайра хутра кăна ирттерет. Комсомолпа профсоюз ыйтăвĕсем тăрăх материалсем сахал пичетлет. Хаçатра Чувашгиз кăларакан брошюрăсемпе кĕнекесенчи идеологиллĕ йăнăшсене критиклекен статьясем сахал пулаççĕ. Çавăн пекех Чăваш çĕршывĕн историне тĕрĕс мар ăнлантарса панине хирĕç те çителĕксĕр кĕрешет.

Карташов юлташ: ялхуçалăх ыйтăвĕсене çутатас тĕлĕшпе редакци ĕçĕнчи лайăх ен вăл—уй-хир ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансен опытне анлăрах çутатма тытăнни пулать, тет. Юлашки çулталăк хушшинче çак ыйтусем тăрăх ятарласа 20 полоса кăларнă, вăл шутран выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансен опытне çутатса 8 полоса пичетлесе кăларнă.

Çав вăхăтрах тата çакна та йышăнас пулать: хаçат колхозсенчи ĕç организацийĕн ыйтăвĕсене, колхозсенчи ĕç ресурсĕсемпе туллин усă курассишĕн кĕрешес ыйтусене çителĕксĕр çутатать, уйрăмах республикăри йĕтĕн-кантăр ăстисен опытне начар сарать. Хаçат Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин, райисполкомсемпе МТС-сен ĕçĕнчи çитменлĕхсене çителĕксĕр критиклет.

Юлашки вăхăтра редакци ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснине хирĕç кĕрешес ыйту çине çителĕксĕртерех пăхма пуçларĕ. Вăл Хĕрлĕ Чутай, Октябрьски, Ишлей районĕсем ялхуçалăх ĕçĕсене ирттерес тĕлĕшпе юлса пынин сăлтавĕсене тарăннăн уçса памасть. Редакци ялхуçалăх, совет тата парти органĕсене критиклесе çырнă материалсене вĕçне çитерессишĕн кĕрешмест.

Промышленноçпа транспорт ыйтăвĕсене çутатас тĕлĕшпе хаçат пуринчен ытла производствăра малта пыракансен опытне анлăрах кăтартса пама тăрăшать, вăл предприятисем пĕр тикĕс ĕçлемелле тăвассишĕн кĕрешет, топливăпа электроэнергие ытларах перекетлес, продукци пахалăхне лайăхлатас тата унăн хăйне ларакан хакне йÿнетес ыйтусене ытларах çутатма тăрăшать. Çак ыйтусем тăрăх ятарласа полосасемпе подборкăсем, статьясемпе корреспонденцисем пичетлесе кăларнă. 1952 çулхи майпа июнь уйăхĕсенче Çĕмĕрлери, Шупашкарти, Канашри, Куславккари çĕнĕ стройкăсенче корреспондентсен активĕн рейчĕсене ирттернĕ.

Анчах та çакна йышăнас пулать: парти обкомĕ асăрхаттарнă пулсан та, редакци Шупашкарти пир-авăр комбинат строителĕсен ĕçне çутатассине тивĕçлипе организацилеме пултараймарĕ-ха.

Хаçат республикăри шкулсен, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен, сывлăх учрежденийĕсен ĕçĕсене туллин çутатмасть.

Литературăпа искусство ĕçĕсене çутатас тĕлĕшпе те çитменлĕхсем нумай.

Малалла докладчик совет строительствипе вырăнти информаци ыйтăвĕсене çутатасси çинче чарăнса тăрать.

Критикăпа самокритика ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăрса, Карташов юлташ хăшпĕр работниксем хаçатсен критикăллă материалĕсем çине тĕрĕс мар пăхнине палăртать. Тĕслĕхрен, КПСС Етĕрне райкомĕн секретарĕ Хромов юлташ хаçат асăрхаттарнисем çине тĕрĕс мар пăхать. Обком бюровĕ вăл критика çине тĕрĕс мар пăхни çинчен сÿтсе явнă ĕнтĕ. Анчах вăл çаплах çакăнтан хăйне валли тивĕçлĕ вывод туман, районти организацисемпе райком ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклекен материалсем çине кирлĕ пек пăхмасть.

Карташов юлташ хăйĕн докладне вĕçлесе çапла калать: редакци ĕçĕнчи çитменлĕхсем—авторсене вăхăтра ответ паманни, хаçатра тухакан йăнăшсем, чылай енчен, редакци работникĕсен ответлăхне кирлĕ пек ÿстерменнинчен килет.

Хаçат редакцине КПСС обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ те тăтăшах кирлĕ пек пулăшу парса тămасть. Хаçатсен ĕçĕсем çинчен парти обкомĕн пленумĕнче отчетсем итлени, редакцисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклени — редакцисене хăйсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме тата хаçатсен ĕçне партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем хушнă пек лайăхлатма пулăшĕç.

Яковлевпа Карташов юлташсен доклачĕсем тăрăх пренирс 13 çын тухса каларĕ.

КПСС Шăхасан райкомĕн секретарĕ **Родионов** юлташ республикăри хаçатсем массăсене партин XIX-мĕш съезчĕ лартнă задачăсене пурнăçлас ĕçе мобилизацилес тĕлĕшпе пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртать. Ку тĕлĕшпе, тет оратор, пирĕн хаçатсем нумай ĕçсем туса ирттерчĕç тата малашне те тăвĕç. Çапах та республикăри хаçатсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем чылай. Хуçалăхпа культура строительствин, партиллĕ-организациллĕ, партиллĕ-политикăллă ĕçсен, советсен, комсомолпа профсоюз организацийĕсен ĕçĕн чылай ыйтăвĕсене хаçатсем çиелтен, ыйтăва тĕплĕн пĕлмесĕр çутатаççĕ. Хуçалăхпа политикăллă задачăсене пурнăçласси тата партиллĕ ĕç мĕнле пулса пынине хаçатсем час-часах сводкăсем тăрăх хаклаççĕ.

Ялхуçалăх ыйтăвĕпе материалсем нумай пичетленеççĕ, анчах вĕсем ĕçе çителĕклĕ çутатса памаççĕ. Парти хула комитечĕсемпе райкомĕсен партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçĕсене хаçатсем тĕплĕ çутатмаççĕ. «Парти пурнăçĕ» ятлă пайра пуринчен ытла парти пухăвĕсем пулса иртни çинчен статьясем пичетленеççĕ. Родионов юлташ хаçатсем шкулсенчи парторганизацисен опытне çутатманнине палăртать. МТС-сенчи парторганизацисен, МТС директорĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсен ĕçне тарăн çутатса пани пулман.

Оратор çакна палăртать: республикăри хаçатсем хăшпĕр чухне пĕр ĕçех тĕрлĕрен хак параççĕ. Çапла, февраль уйăхĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра партин Шупашкар райкомĕн ĕç меслетне мухтакан корреспонденци пичетленсе тухрĕ, унччен пилĕк кун маларах çак райком çинченех «Советская Чувашия» хаçатра «Партиллĕ пропагандăна хакламаннине пĕтермелле» ятпа критикăлла статья пичетленсе тухнă пулнă.

Родионов юлташ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра партин Шăхасан райкомĕн пленумĕ çинчен çак кунсенче пичетленсе тухнă статьяра тĕрĕс мар вырăнсем пуррине палăртать. Ку статьяра Родионов юлташ аялтан килекен критика çине тĕрĕс мар пăхнине палăртнă. Родионов юлташ хăйне çавăн пек айăпланине тĕрĕс мар тесе шутлать.

Ун хыççăн Куславкка райисполкомĕн председателĕ **Смыков** юлташ тухса каларĕ. Вăл республикăри хаçатсен редакцийĕсене чылай ыйтусене тĕрĕс мар çутатнăшăн критиклет. Çапла, сăмахран, район вăрман хатĕрлес ĕçре юлса пынине шута илсе, парти райкомĕ çак ыйтупа январь уйăхĕнче райком пленумне ирттерме йышăннă. «Коммунизм ялавĕ» хаçат çак питех те кирлĕ мероприятие тивĕçлĕ хак памасăр, «Ячĕшĕн ирттернĕ пленум» ятлă корреспонденци пичетлесе кăларчĕ. Çак статья вăл—тĕрĕс мар. Пленум парторганизацие тата районти мĕнпур ĕçсыннисене вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарма мобилизацилеме пулăшрĕ. Район хăйĕн планне февралĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ.

Смыков юлташ «Динамо» колхоз çинчен «Советская Чувашия» хаçатра пичетленсе тухнă çыру тăрăх райисполком панă ответа Карташов юлташ хăйĕн докладĕнче критиклениие килĕшмерĕ. Вăл çапла шутлать: çырура «Динамо» колхоз ĕçĕсене тĕрĕс мар çутатса панă, ку ыйтупа райисполком панă ответ тĕрĕсех пулнă.

КПСС обкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ **Чичикин** юлташ республикăри хаçатсенче промышленноçпа транспорт ĕçĕсене çителĕксĕр çутатни çинчен каларĕ. Тĕп çитменлĕх çакă пулать: хаçатсем республика экономикинче промышленноçăн тăтăшах ÿссе пыракан пĕлтерĕшне асăрхамаççĕ, вĕсем промышленноçпа транспорт ĕçне, уйрăмах çĕнĕ стройкăсенчи ĕçсене начар çутатаççĕ, промышленность продукцийĕ туса кăларас, унăн пахалăхне лайăхлатас, ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе резервсем шыраса тупассишĕн тата çав резервсемпе туллин усă курмалла тăвассишĕн çине тăрса кĕрешмеççĕ.

Республикăри хаçатсен редакцийĕсем авторсен активĕпе тата промышленноçра ĕçлекенсемпе çителĕксĕр çыхăнса тăраççĕ, инженерсемпе техниксен тата стахановецсен статьисем сайра хутра кăна пичетленсе тухаççĕ. Вырăнти чĕртаварпа тата ялхуçалăх продукчĕсемпе усă курса промышленноçа, уйрăмах вырăнти тата апатçимĕç промышленноçне малалла аталантарас тĕлĕшпе малашне тумалли ĕçсене хаçатсем çителĕксĕр çутатса параççĕ. Ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе — çак питех те кирлĕ ыйтупа хаçатсенче умстатьясем сахал пичетленеççĕ.

«Советская Чувашия» хаçатра вăрман хатĕрлевĕн ыйтăвĕсемпе пичетленсе тухнă статьясене тишкерсе, Чичикин юлташ çакна кăтартса парать: çав статьясенче час-часах плана тултарайманшăн кам айăплине кăтартса паман, хăшпĕр умстатьясенче вăрманта ĕçлекенсем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе парторганизацисем умне задачăсем кăларса тăратман.

«Советская Чувашия» хаçат редакцийĕ предприятисемпе стройкăсенче социализмла ăмăрту сарасси çине çителĕклĕ пăхмасть, промышленноçпа транспортра тата сыхăну ĕçĕнче малта пыракансен опытне начар пропагандăлать, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен пурнăçлассишĕн кĕрешес ыйтусене кирлĕ пек çутатмасть.

Хаçатсен редакцийĕсем Шупашкарти пир-авăр комбинатне тăвас ĕçпе çыхăнса тăракан питĕ кирлĕ ыйтусене çĕклемеççĕ. Канашри вагонсем юсакан заводра, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнче тата ытти заводсенче строительство ĕçĕсене тултарманшăн кам айăплă пулнине тĕплĕн кăтартса паман. Пединститут, республика больницин, Канашри вокзал çуртĕсене тата ытти кирлĕ объектсене тăвас ĕçсене çителĕксĕр йĕркеленин сăлтавĕсене кăтартса пани пулман.

Строительство материалĕсем, уйрăмах кирпĕч çителĕксĕрри республикăна капитальнăй строительство планне тултарма уйрăмах хытă чăрмантарать. Анчах хаçатсем стройматериалсем тăвакан промышленность ĕçне лайăхлатма пулăшмаççĕ.

Хаçатсем промышленность предприятийĕсемпе строительство организацийĕсенчи парторганизацисен ĕçне çителĕксĕр çутатаççĕ.

Октябрьскинчи вăтам шкул директорĕ **Иванова** юлташ хаçатсен редакцийĕсен халăха вĕрентес ĕç çине тата уйрăмах шкулсенчи парторганизацисен ĕçĕ çине тимлĕрех пăхма кирли çинчен калать.

Досаафăн республикăри оргкомитечĕн председателĕ **Трофимов** юлташ хаçатсен редакцийĕсене вĕсем критикăлла статьясенче паян питĕ кирлĕ ыйтусене çивĕччĕн лартманшăн критиклет. Сăмахран, «Советская Чувашия» хаçатăн мартăн 31-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Ĕçсыннисене политика тĕлĕшпе сыхă пулма воспитани памалла» ятлă умстатьяра вырăнти фактсене пачах илсе кăтартман.

Хаçатсенче парти пухăвĕсемпе ытти пухусем çинчен питĕ нумай отчетсем пичетленеççĕ. Çав отчетсенче çитменлĕхсене илсе кăтартаççĕ, анчах çав çитменлĕхсене мĕнле пĕтермелли çинчен вĕрентмеççĕ.

Трофимов юлташ хаçатсем республикăри Досааф организацийĕсен ĕçне çителĕксĕр çутатнине палăртать.

КПСС обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ **Семенов** юлташ идеологиллĕ ĕçе вăйлатас ĕçре пичет пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртрĕ. Идеологиллĕ ĕç социализмран коммунизма куçнă условисенче питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. Парти пирĕн пичете пропагандăпа агитацие малалла сарса пымалли никĕс вырăнне хурса хаклать.

— Пирĕн хаçатсен содержанине тишкерсе тухни,—тет Семенов юлташ, — вĕсем хăйсем умĕнче тăракан задачăсене япăх пурнăçласа пынине кăтартса парать. Пропагандăпа агитаци ыйтăвĕсем хаçатсен страницисенче тивĕçлĕ вырăн йышăнмаççĕ. Эпир, обкомăн пропагандăпа агитаци пайĕнче ĕçлекенсем, республикăри хаçатсен ĕçĕсемпе сахал интересленетпĕр тата вĕсене идеологиллĕ ĕçĕн ыйтăвĕсене çутатас ĕçре çителĕксĕр пулăшатпăр.

Семенов юлташ çакна палăртать: хаçатсем марксизм-ленинизма пропагандăлас ĕçе çителĕксĕр туса пыраççĕ, теориллĕ статьясем, вулакансен ыйтăвĕсем çине панă ответсем, марксистла-ленинла теорие вĕренекенсене пулăшма консультацисем сахал пичетлеççĕ, партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсемпе решенийĕсене тата И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенине ăнлантарса парас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Хаçатсен редакцийĕсем республикăри пропагандистсен кадрĕсене теориллĕ статьясем çырма сахал хутшăнтараççĕ. Вырăнти авторсем çырнă теориллĕ статьясене пичетлесе кăларнă чухне вĕсен пахалăхĕшĕн тата идейăллă содержанийĕшĕн кирлĕ пек тăрăшни çук. Çавна пула вырăнти авторсен хăшпĕр статьисем ыйтăва тĕплĕ çутатса памаççĕ, ку чухнехи лару-тăрупа, коммунизм строительствин задачисемпе, облаçри парторганизацин задачисемпе çителĕксĕр çыхăнса тăраççĕ.

«Советская Чувашия» тата «Коммунизм ялавĕ» хаçатсем партиллĕ пропаганда опытне пĕтĕçтерессi çине çителĕклĕ пăхмаççĕ. Партиллĕ пропаганда опытне пĕтĕçтерсе сарас вырăнне, райкомсемпе хула комитечĕсем парти вĕренĕвне тата комсомолецсен вĕренĕвне мĕнле ертсе пынин практикине пĕтĕçтерсе пропагандăлас вырăнне хаçатсем информациллĕ заметкăсем пичетлесе кăларнипех лăпланса ларaççĕ. Вĕсенче кружоксен, политшкулсен шутне, мĕн занятие пулнине кăтартса параççĕ, анчах чи кирлине — занятисен, лекцисен, семинарсен, консультацисен идейăллă шайне ÿстерессишĕн мĕнле кĕрешнине çутатса пани çук. Пропагандистсемпе ĕçлени çинчен, кадрсем харпăр хăй тĕллĕн мĕнле вĕренни çинчен, лекциллĕ пропагандăна организацилесси çинчен, парти комитечĕсен библиотекисем мĕнле ĕçлени çинчен пирĕн хаçатсем сайра хутра кăна тата питĕ çиелтен çыраççĕ.

Политикăллă агитаци ыйтăвĕсене хаçатсем калама çук çителĕксĕр çутатаççĕ. Çак темăпа çырнă чылай материалсенче республикăри хуласемпе ялсенче агитаци ĕçĕ мĕнле пулса пынине тата унăн пахалăхне питех те çителĕксĕр çутатса панă, агитколлективсем мĕнле ĕçленине тарăн тишкерсе тухман, массăллă-политикăллă ĕçе йĕркелес тĕлĕшри пысăк çитменлĕхсене кăтартса паман. Агитаторсене пулăшма материалсем питĕ сахал пичетлеççĕ. Хаçатсем агитаторсем валли вырăнти фактсемпе тĕслĕхсем пичетлесе кăлармаççĕ. Агитациллĕ ĕçĕн методики çинчен материалсем питĕ сахал пичетленсе тухнă.

Ĕçсыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçре культурăпа çутĕç учрежденийĕсем тата кинопа радио пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Анчах «Советская Чувашия» тата «Коммунизм ялавĕ» хаçатсем идеологиллĕ ĕçĕн çак питех те пысăк участокĕсен ĕçĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе облаçри парторганизацие çителĕксĕр пулăшаççĕ.

«Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ трестĕн управляющийĕ **Каплин** юлташ республикăри хаçатсем Шупашкарти пир-авăр комбинатне тăвас ĕç çине çителĕксĕр пăхни çинчен каларĕ.

Партин Етĕрне райкомĕн секретарĕ **Хромов** юлташ республикăри «Советская Чувашия» тата «Коммунизм ялавĕ» хаçатсем партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенине пропагандăлас ĕç çине çителĕксĕр пăхнине палăртрĕ. Çак темăсемпе ултă уйăх хушшинче «Советская Чувашия» хаçатра пропагандистла статьясем 9 кăна, «Коммунизм ялавĕ» хаçатра унтан та сахалтарах — 3 статья кăна пичетленсе тухнă.

Хромов юлташ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра вырăсларан чăвашла куçарса пичетлесе кăларнă статьясене критиклерĕ.

(Юлашки 3-мĕш страницăра).

# КПСС ЧĂВАШ ОБКОМĔН IV-мĕш ПЛЕНУМĔ

(Юлашки. Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Вырăсларан чăвашла куçарса пичетленĕ статьясен пахалăхĕ, палăртать вăл, çителĕклĕ мар, час-часах ăна мĕнле чĕлхепе çырнине те пĕлме çук, мĕншĕн тесен материалра çурри вырăсла сăмахсем, çурри чăвашла сăмахсем пулаççĕ.

Республикăри хаçатсенче, тет Хромов юлташ, очерксем сайра хутра кăна пичетленеççĕ.

Оратор ялхуçалăх министрĕн заместителĕн Осанов юлташăн «Советская Чувашия» хаçатра пичетленсе тухнă «Тырпул тухăçлăхне ÿстермелли резервсемпе туллинрех усă курмалла», Абакумов агрономăн «Çуркунне курăк акасси» статьисене критиклерĕ. Çак статьясенче тата ялхуçалăх специалисчĕсен ытти статьисенче те теориллĕ ыйтусене Чăваш республикинчи колхозсен ĕçĕпе тачă çыхăнтарман.

Хромов юлташ çапла шутлать: «Советская Чувашия» хаçатăн Етĕрне районĕнчи корреспонденчĕ çырнă материалсенче ĕçсене тĕрĕс çутатса паман, тепĕр чухне шанчăксăр çынсенех хÿтĕлени те пулнă.

Чăваш АССР Сывлăх министрĕ **Ефимова** юлташ республикăри хаçатсем сывлăх ĕçĕн ыйтăвĕсене сахал çутатнине палăртрĕ. Хăшпĕр материалсенче ыйтусене çителĕксĕр çутатса панă. Медицина ыйтăвĕсемпе çырнă хăшпĕр статьясенче пысăк çитменлĕхсемех пулнă. — Медицина ыйтăвĕсемпе пысăк статьясем пичетлес умĕн,— тет Ефимова юлташ,— редакцисен хăшпĕр чухне пирĕн паллă специалистсемпе канашлани кирлĕ.

Хаçатсем медицина учрежденийĕсенчи парторганизацисен ĕçне çутатмаççĕ.

— «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаçатсем,— терĕ Чăваш совет писателĕсен Союзĕн правленийĕн председателĕ Шумилов юлташ,— литературăпа искусство ыйтăвĕсем çине çителĕклĕ пăхмаççĕ. Çак ыйтусене çутатас ĕçре питĕ пысăк çитменлĕхсем пур.

«Советская Чувашия» хаçат республикăри вырăс театрĕ лартакан спектакльсем çинчен час-часах рецензисем пичетлет. Анчах пирĕн хаçатсем чăвашла спектакльсем çинчен рецензисем питĕ сахал пичетлеççĕ. Театрта çĕршер хут лартса панă спектакльсем («Айдар», «Ялта», «Нарспи») çинчен хаçатсем темиçе çул хушши ĕнтĕ рецензисем пичетлеменнине Шумилов юлташ тĕрĕс мар тесе шутлать.

Хăшпĕр рецензисем, тет Шумилов юлташ, ыйтусене çителĕксĕр çутатса параççĕ. Вăл çавнашкал статьясен шутне Н. Любимовăн «Советская Чувашия» хаçатра К. Пайрашăн «Тусем» ятлă пьеси çинчен çырнă статьине кĕртет. Шумилов юлташ çакна палăртать: К. Пайраш чăваш совет интеллигенцийĕ çинчен пирĕн литературăра чи малтанхи хут çырнă ку ыйтупа лайăх материалсем парать. Пьеса çитменлĕхĕ конфликта пуçран шухăшласа кăларнинче пулать, çавна пула пьеса пахалăхĕ çителĕксĕр пулнă. Рецензент çак çитменлĕхсене кăтартса паман, вулакана пăтраштарать кăна.

«Советская Чувашия» тата «Коммунизм ялавĕ» хаçатсем чăваш литературин çĕнĕ произведенийĕсем çинчен рецензисем питĕ кая юлса пичетлеççĕ, вырăсларан чăвашла куçарса кăларнă произведенисем çинчен рецензисем пачах пичетлемеççĕ. Пирĕн республикăра чăвашла куçарса нумай произведенисем пичетленсе тухаççĕ, анчах çак ĕçе тивĕçлипе тĕрĕслекенни никам та çук. Кам ÿркенмест—çавсем пурте, издательствăра ĕçлекен пысăк квалификацийлĕ—мар работниксем те чăвашла куçараççĕ. Чувашгиз директорĕ Золотов юлташ В. Ажаевăн «Мускавран инçетре» романне чăвашла куçарнă. Золотов юлташ аçырăлдарне хăйне пăхăнса тăракан çынсене панă, вĕсем вара ним тума та аптраççĕ: романа нимле юрăхсăр куçарнă, анчах «начальствăна» хирĕç кайма килĕшÿллех мар пулмалла.

Чăваш писателĕсен произведенийĕсем çинчен хаçатсен страницисем çинче пичетленсе тухакан хăшпĕр рецензисем пахалăхĕ çителĕклĕ мар. Шумилов юлташ каланă тăрăх, И. Никифоровăн «Коммунизм ялавĕ» хаçатра А. Артемьевăн «Эпир миршĕн» ятлă калавĕ çинчен пичетленсе тухнă рецензийĕ, Н. Любимовăн «Советская Чувашия» хаçатра Я. Ухсайăн «Бĕлпук мучи» çинчен пичетленсе тухнă рецензийĕ тĕрĕс мар. Çак статьясен авторĕсем çав произведенисене тивĕçсĕррĕн хурласа тăнă.

Хаçатсем, тет оратор, пирĕн государство издательстви пичетлесе кăларакан пур произведенисене те тĕплĕн тишкерсе тухмалла. Республикăри партин ертсе пыракан работникĕсен литературăпа искусство ыйтăвĕсем тăрăх хаçатсемпе журналсенче статьясем çырмаллине Шумилов юлташ тĕрĕс мар тесе шутлать.

Малалла Шумилов юлташ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра П. Хусанкайăн Çеçпĕл Мишши çинчен çырнă сăвăне пичетлесе кăларнăшăн критиклет. Çак сăвă идейă тĕлĕшĕнчен пулса çитĕнмен пулнă; Çеçпĕл Мишшине партипе халăхран уйăрса кăтартнă.

КПСС обкомĕн секретарĕ Ислюков юлташ юлашки вăхăтра «Коммунизм ялавĕ» тата «Советская Чувашия» хаçатсен содержанийĕ кăштах лайăхланнине палăртать. Парти обкомĕн бюровĕ хаçатсен ĕçне лайăхлатас, редакцисене кадрсемпе çирĕплетес тата хаçат-журнал издательствин ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе

Çав вăхăтрах, тет Ислюков юлташ, çакна йышăнмалла: парти обкомĕн бюровĕпе секретарьсем хаçатсен рольне парти требованийĕсен çÿлĕшне, партин XIX-мĕш съездĕн решенийĕсенчен тухса тăракан задачăсен çÿлĕшне çĕклес тĕлĕшпе мĕн кирлине пурне те туса çитереймен-ха.

Пĕтĕмĕшпе илсен, хаçатсем çителĕксĕр шайра тухса тăраççĕ. Идейăллă-политикăллă ĕçĕн тата хуçалăхпа культура строительствин ыйтăвĕсене çителĕксĕр тата çиелтен çутатаççĕ. Хаçатсем XIX-мĕш съезд решенийĕсемпе килĕшÿллĕн хăйсен ĕçĕсене çителĕксĕр урăхлатса çĕнетеççĕ, съезд решенийĕсене тăтăшах тата пурне те ăнланмалла пропагандăлас ĕçе йĕркелемеççĕ, совет çыннисем çĕнĕ пилĕк çуллăх плана пурнăçлассишĕн мĕнле кĕрешнине кирлĕ пек çутатмаççĕ.

Партин çĕнĕ Уставĕпе килĕшÿллĕн парторганизацисен ĕçне лайăхлатас ыйтусене хаçатсем çителĕксĕр лартаççĕ. Парти организацийĕсен ĕçне лайăхлатас, предприятисемпе колхозсенче ĕçсем мĕнле пынишĕн парторганизацисен рольне ÿстерес, коммунистсен авангардлă рольне вăйлатас, критикăпа самокритикăна сарас, политикăллă сыхăлăха ÿстерес, кадрсем суйласа илес тата решенисене мĕнле пурнăçланнине тĕрĕслес ыйтусене хаçатсем çителĕксĕр çутатаççĕ. Хаçатсем партипе государство дисциплинине çирĕплетессишĕн çителĕксĕр кĕрешеççĕ.

Çак ыйтусемпе материалсем пичетленеççĕ. Тĕп çитменлĕх кунта çакă пулать: вĕсенче ку е вăл ĕç лайăх, е çителĕксĕр пулса пыни çинчен фактсем кăна илсе кăтартаççĕ, анчах çав çитменлĕхсен сăлтавĕсене тĕплĕн кăтартса памаççĕ.

Республикăри ĕçсем çинчен, Чăваш республикинчи ĕççыннисен пурнăçĕ çинчен хаçатсен редакцийĕсем кирлĕ пек пĕлтерсе тăмаççĕ. Хаçатсем промышленноçпа транспортра малта пыракан çынсемпе, партипе совет организацийĕсемпе çителĕксĕр çыхăнса тăраççĕ.

Ислюков юлташ редакци работникĕсен тата вĕсен корреспонденчĕсен йăнăшĕсем çинчен калать. Час-часах фактсене пăсса кăтартнисем пулнă. Пирĕн пичет вăйĕ — вăл тĕрĕслĕхлĕ пулнинче, çакна яланах асра тытас пулать.

Ислюков юлташ малалла çакна кăтартса парать: тĕрĕсех мар каланă формулировкăсемпе усă курса, хăйсене критикленине сирсе яма хăтланакан работниксем пирĕн çаплах пĕтмен-ха. Парти обкомĕн бюровĕ çавнашкал работниксене пĕр хут кăна мар тÿрлетрĕ, хăшпĕрисене вырăнтан кăларнă.

Ислюков юлташ çакна палăртать: партин Шăхасан райкомĕн секретарĕ Родионов юлташ, вăл пленумра тухса каланă сăмаха асра тытас пулсан, хăйне унччен тата хальхи пленумра критикленинчен тивĕçлĕ выводсем туман.

Ислюков юлташ хаçатсенчи сигналсем çине е тата редакцисем тĕрĕслеме, мерăсем йышăнма ярса паракан çырусенчи сигналсем çине питĕ тимлĕ пăхма кирли çинчен калать. Хаçат сигналĕсем çине чунсăррăн пăхни çинчен вăл çакăн пек факт илсе кăтартрĕ. «Советская Чувашия» хаçат редакцине Апат-çимĕç промышленность министрĕ Калинкина юлташăн киревсĕр ĕçĕ çинчен материал пынă пулнă. Материалра çапла кăтартса панă; Калинкина юлташ, суя документсемпе усă курса, Сĕнтĕрти апат-çимĕç комбиначĕн çĕрулмипе пахча çимĕç пĕр машина турттарса кайнă. Хаçат редакцийĕ материала республикăн Министрсен Советне ярса панă. Министрсен Советĕн председателĕн пĕр чухнехи заместителĕ Ремкин юлташ редакцие фактсем тĕрĕс марри çинчен пĕлтернĕ. Анчах та кайран Калинкина юлташ çак киревсĕр ĕçе чăнах та туни палăрнă. Обком бюровĕ ăна парти йĕркипе ответа тыттарнă.

Критикăна самокритикăна сарас ĕçре пур работниксем те вĕçне çитиех принципиаллă пулни, критикăна кирек мĕнле хĕснине те нимĕн чухлĕ те килĕшменни тата хаçатсенчи критикăна сирсе яма хăтланнине хирĕç кĕрешни кирлĕ. Партипе советăн ертсе пыракан работникĕсен хаçатсем те пирĕн хаçатсен ĕçне тăтăшах хутшăнни кирлĕ.

Юлашкинчен Ислюков юлташ редакцисен аппарачĕсене воспитани ĕçне лайăхлатма кирли çинчен, сотрудниксен хушшинче хăйсене хушнă ĕçшĕн ответлăха ÿстерме кирли çинчен каларĕ.

КПСС Улатăр хула комитечĕн секретарĕ Чистопольский юлташ редакцисен, паянхи пек ыйтăвĕсене тухса илсе, ытларах материалсем организацилеме кирли çинчен каларĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ Андреев юлташ хаçатсем партин XIX-мĕш съездĕн решенийĕсене, И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине пропагандăлас тĕлĕшпе статьясем сахал пичетленине палăртрĕ. Вăл «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ материалсенче орфографи правилисене пăсни çинчен, вырăсларан чăвашла куçарнă чухне йăнăшсем тунни çинчен каласа кăтартрĕ. Вăл çавăн пекех хаçат работникĕсене илсе кăтартрĕ. Вăл çавăн пекех хаçат работникĕсен калăпсене вĕренсе хатĕрлес ĕçре те илсе кăтартрĕ.

Сутсе янă ыйту тăрăх пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

# Таварсен хакĕсене йÿнетнĕшĕн ĕççыннисем партипе правительствăна чĕререн тав тăваççĕ

## Тулли кăмăлпа ырлаççĕ

КУКЕÇ. Шорчекассинчи вулав çуртне халăх йышлă пухăннă. Вĕсем партипе правительство таварсен хакĕсене йÿнетни çинчен пĕр-пĕринпе калаçаççĕ.

— Тавар хакĕсене çĕнĕрен йÿнетни,— терĕ Каганович ячĕпе тăракан колхоз председателĕ М. Егоров юлташ,— Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен-кун тăрăшнине татах та тепĕр хут кăтартса пачĕ, пире, ялхуçалăх ĕçченĕсене, татах та пысăк çитĕнÿсем тума хавхалантарчĕ. Партипе правительство çакăн пек тăрăшни çине эпир вăйлă тырпул туса илнипе ответлĕпĕр.

Калаçăва 74 çулхи колхозник М. Анисимов юлташ хутшăнчĕ.

— Пирĕн пурнăç лайăхланса пырать,— терĕ вăл.— Эпĕ ватăлтăм ĕнтĕ, çапах та манăн нумайтарах пурăнас килет. Кĕнекесемпе хаçатсем вулатăп та, пирĕн социализмлă Тăван çĕршывра пысăк ĕçсем пулса пынине туйса илетĕп. Манăн та Тăван çĕршыва вăйлă тырпул çитĕнтерсе тата выльăх-чĕрлĕх ÿстерсе парас килет. Иртнĕ çул эпĕ 300 ĕçкунĕ турăм, кăçал татах та ытларах ĕçлеме тăрăшăп.

Унтан ялти учитель П. Павлов юлташ совет халăхĕ пĕтĕм тĕнчипех мирлĕ пурнăç тума тăрăшни çинчен каласа парать. Америкăпа Англи империалисчĕсем вăйлăн хĕçпăшалланнă вăхăтра пирĕн Тăван Совет правительстви ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатса пырать, лĕрмаях мир политикине тытса пырать, çĕнĕ вăрçă пуçарма хăтланакансен политикине тăрă шыв çине кăларать. Тавар хакĕсене çĕнĕрен йÿнетни кашни çемьен таварсем туянас пултарулăхне ÿстерет. Тĕслĕхрен, эпĕ шутланă тăрăх, тавар хакне йÿнетнипе пула манăн çемье кашни уйăхрах 200 тенке яхăн усă илет.

Калаçу нумайччен пычĕ. Кашни çын хăйĕн шухăш-кăмăлне палăртма тăрăшрĕ. Калаçура вĕсем социализмла Тăван çĕршывăн хăватне ÿстерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлеме хатĕр пулни палăрчĕ.

В. ВАРСОНОФЬЕВ.

## Педагогика институтĕнчи митингра

Чăвашсен государство педагогика институтĕнчи преподавательсем, студентсем, служащисем — пурĕ 1.300 çын ытла — савăнăçлă митинга пухăнчĕç.

Пухăва педагогика институтĕнчи партбюро секретарĕ Гришин юлташ уçрĕ.

— СССР Министрĕсен Совечĕпе Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене çĕнĕрен йÿнетмелле турĕç. Ку вăл партипе правительство ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма Сталин юлташ вĕрентнĕ пек тăрăшнине пĕлтерет. Партипе правительство малашне те халăх ырлăхĕшĕн тăрăшасси çинчен Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă отчетлă докладра та, аслă Сталина юлашки çула ăсатнă чухне пулнă хурлăхлă митингра тата СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕнче те каларĕ, — тет Гришин юлташ.

Малалла филологи наукисен докторĕ, профессор Егоров юлташ сăмах илет.

— Пирĕн çĕршывра ĕççыннисене куллен кирлĕ таварсен хакĕсене улттăмĕш хут йÿнетрĕç. Ку вăл аслă Сталин социализмăн экономикăлла тĕп законĕ çинчен каласа пани пурнăçланса пынине пĕлтерет. Пирĕн пурнăç куллен лайăхланса пырать. Паян манăн сире çакна калас килет: эпир, наука работникĕсем тата студентсем, партипе правительство ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнине кулленех курса тăратпăр. Халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн çакăн пек тăрăшнăшăн Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине чĕререн тав тăватăп.

— Пирĕн совет çамрăкĕсем Ленин — Сталин партийĕ тăрăшнипе техникумсенче, аслă шкулсенче вĕренеççĕ. Эпир учительсем пулма вĕренетпĕр. Çавăншăн манăн паян пĕтĕм чĕререн Коммунистсен партипе тăван Совет правительствине тав тăвас килет,—терĕ Матвеев студент.

В. ОСТЕРОВ.



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти 13-мĕш номерлĕ магазинра савăт-сапа туянаççĕ. Сылтăмра — Е. Н. Николаева продавщица.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# СССР Шалти Ĕçсен Министерстви пĕлтерни

Совет государствин активлă деятелĕсем тĕлĕшĕнчен сăтăрла, шпионла тата терроррла ĕçсем тунă тесе айăпланакан врачсен ушкăнĕн ĕçĕ тăрăх СССР Шалти Ĕçсен Министерстви малтанхи следстви материалĕсемпе ытти мĕнпур даннăйсене тĕплĕн тĕрĕслесе тухнă.

Тĕрĕслесе тухнă хыççăн çакна палăртнă; çак ĕç тăрăх айăпланакан **М. С. Вовси** профессора, **В. Н. Виноградов** профессора, **М. Б. Коган** профессора, **Б. Б. Коган** профессора, **П. И. Егоров** профессора, **А. И. Фельдман** профессора, **Я. Г. Этингер** профессора, **В. Х. Василенко** профессора, **А. М. Гринштейн** профессора, **В. Ф. Зеленин** профессора, **Б. С. Преображенский** профессора, **Н. А. Попова** профессора, **В. В. Закусов** профессора, **Н. А. Шерешевский** профессора, **Г. И. Майоров** врача ун чухне пулнă СССР Государство Хăрушсăрлăх Министерстви тĕрĕс мар, нимĕнле законлă сăлтавсăр арестленĕ.

Тĕрĕслени çакна кăтартса панă: асăннă çынсене айăплансем суя пулнă, ку тĕлĕшпе следстви работникĕсем усă курнă документальнăй даннăйсем тĕрĕс мар пулнă. Çакна палăртнă: арестленĕ çынсем хăйсене айăпласа кăтартса панисене сыпса илнĕ чухне ун чухне пулнă Государство Хăрушсăрлăх Министерствин следстви пайĕн работникĕсем следстви тунă вăхăтра усă курма юраман тата совет законĕсем çирĕппĕн чарнă меслетсемпе усă курнă.

СССР Шалти Ĕçсен Министерстви çак ĕçе тĕрĕслеме ятарласа уйăрнă следстви комиссийĕ тĕпчесе пĕлнĕ тăрăх, арестленĕ **М. С. Вовсие, В. Н. Виноградова, Б. Б. Когана, П. И. Егорова, А. И. Фельдмана, В. Х. Василенкăна, А. М. Гринштейна, В. Ф. Зеленина, Б. С. Преображенские, Н. А. Поповăна, В. В. Закусова, Н. А. Шерешевские, Г. И. Майорова** тата çак ĕç тăрăх арестленĕ ытти çынсене вĕсене сăтăрла, террористла тата шпионла ĕçсем тунăшăн айăпласси пичетрен хăтарса пĕтĕмпех тÿрре кăлармалла тунă тата РСФСР Уголовно-Процессуальнăй Кодексĕн 4-мĕш статьин 5-мĕш пункчĕ тăрăх ирĕке кăларнă.

Следстви тĕрĕс мар тунăшăн айăплă çынсене арестлесе уголовнăй йĕркепе ответ тыттарнă.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ 1953 çулхи январĕн 20-мĕшĕнче **Л. Ф. Тимашук** врача Ленин орденĕпе наградăласси çинчен кăларнă Указа пăрахăçа кăларма йышăннă, мĕншĕн тесен, ĕçсем мĕнле тăни хальхи вăхăтра палăрнă тăрăх, вăл тĕрĕс мар пулнă.

## Çурхи ĕçсем пуçланчĕç

### Калчасене удобрени параççĕ

КАЛИНИНО, апрелĕн 4-мĕшĕ. (**Телефонпа**). Хрущев ячĕпе тăракан колхоз агрономĕ С. Воробьев юлташ уй-хирсене пăхса тухрĕ. Вăл колхоз правленине кĕрхи тырăсен калчине тата нумай çул ÿсекен курăксене удобрени пама вăхăт çитни çинчен, паян-ыранах нумай çул ÿсекен курăксем акма планланă хăшпĕр çĕр лаптăкĕсенче тăпра курăк акма юрăхлă пулса çитесси çинчен пĕлтерчĕ.

Колхоз правленийĕ агроном сĕннине йышăнса, паян ирех бригадăсене кĕрхи тыră калчине удобрени пама уя кăларнă.

Колхозăн пур бригадисем те уй-хирти çурхи ĕçсене тума йĕркеллĕ тухрĕç. Иккĕмĕш уй-хир бригади (бригадирĕ В. Горин юлташ) 10 гектар çинчи ыраш калчине минераллă удобренипе тата тислĕк çĕрĕкĕн тăприпе апатланă.

Паян колхоз пурĕ 25 гектар çинче ыраш калчине удобренисем пачĕ. Бригадăсем ыран сеялкăсемпе нумай çул ÿсекен курăксем акма тухаççĕ. Кăçал колхоз клеверпа люцерна курăкĕсене нумай çул ÿсекен пучахлă курăксемпе—тимофеевкăпа тата овсяницăпа хутăш акса хăварать.

П. КРАСНОВ.
Б. ШОРНИКОВ.

* * *

ЧУРАЧĂК, апрелĕн 4-мĕшĕ. (**Телефонпа**). Калинин ячĕпе тăракан колхоз паян уй-хирти çурхи ĕçсене тума тытăнчĕ. 19 гектар çинчи ыраш калчине, 13 гектар çинчи нумай çул ÿсекен курăксене аммони сульфачĕпе тата тислĕк çĕрĕкĕн тăприпе апат панă. Кашни гектар çине тислĕк çĕрĕкĕн тăприне 5-шер тонна, аммони сульфатне 1,2-шер центнер пĕр тикĕс сапаççĕ.

В. ПРОКОПЬЕВ,
агроном.

## Сортлă вăрлăхсем хăвăртрах туянмалла

ЭЛĔК. Районти малта пыракан колхозсем çуракинче акма лайăх пахалăхлă сортлă вăрлăхсем хатĕрлерĕç. «Правда» артель пурĕ 896 центнер сортлă вăрлăха питĕ лайăх тасатса акма юрăхлă турĕ. Çав шутран Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозран 44 центнер тулă, кунсăр пуçне пăрса, урпа тата пĕр çул ÿсекен курăк вăрлăхĕсем чылай илсе килнĕ.

Çавăн пекех «Дружба», «За мир» колхозсем те сортлă вăрлăхсем улăштарса илчĕç.

Анчах та районти чылай колхозсенче вăрлăхсен сортне лайăхлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ, вăрлăх улăштарма панă плана пурнăçламаççĕ. Сăмахран, «Красная заря», Карл Маркс ячĕпе тăракан, «Заветы Ильича», Энгельс ячĕпе, Свердлов ячĕпе, Пушкин ячĕпе тăракан колхозсем сортсăр вăрлăхсене сортлă вăрлăхпа улăштарса илме халĕ те тытăнман. Ку ĕçе вĕсем ним сăлтавсăрах тăсса пыраççĕ, мĕншĕн тесен «Заготзерно» Ефремкассинчи пунктĕнче сортлă тулă, сĕлĕ, пăрса, ясмăк тата нумай çул ÿсекен курăк вăрлăхĕсем улăштарса илме пулать. Кунсăр пуçне, хăшпĕр колхозсен те сортлă вăрлăх ытлашшипех пур. Ку резервпа та усă курмалла.

А ОРЛОВ.

# Ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе лайăхлатар

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене çĕнĕрен йÿнетесси çинчен йышăннă постановление пĕтĕм совет халăхĕ чунтан-чĕререн ырласа кĕтсе илчĕ. Таварсен хакĕсене хальхинче йÿнетнипе пула пирĕн çĕршыври халăх çулталăкра 53 миллиард тенкĕрен кая мар усă илет.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви таварсен хакĕсене çултан-çул йÿнетсе пыни рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине тата колхозниксен реальнăй тупăшне ÿстерет. Ĕççыннисем таварсем нумайтарах туянаççĕ.

Пурте пĕлеççĕ, Чăвашпотребсоюз системи ялсенчи халăха валли тавар тăрас енĕпе ĕçлет. Райпотребсоюзсемпе ялпосен магазинĕсемпе ларекĕсенчи таварсене колхозниксемпе колхозницăсем тата ытти ял ĕçченĕсем илеççĕ. 1952 çулта Чăвашпотребсоюз системи 1951 çулхинчен 5.278 пин тенкĕлĕх ытла тавар сутрĕ. Апат-çимĕç таварĕсем енĕпе халăх пĕлтĕр, 1951 çулхипе танлаштарсан, кондитерски çимĕçсем 10.6 процент, ÿсентăран çăвĕ—31,1 процент, чей—22,3 процент ытларах тата ытти йышши тĕрлĕ таварсем нумай туяннă; промышленность таварĕсем енĕпе—кĕпе-тумтир—12,9 процент, çыхнă кĕпесем—22,3 процент, резина атă-пушмак—9,4 процент, сăран атă-пушмак—6,5 процент ытларах сутнă. Кĕнекесемпе культура таварĕсем сутас ĕç те лайăхланнă. Пĕлтĕр, 1951 çулхипе танлаштарсан, кĕнекесем сутасси 30,9 процент ÿснĕ.

Иртнĕ çулта Канаш районĕнчи Сиккасси ялповĕ, Пăрачкавпа Советски райпотребсоюзĕсем çĕнĕ магазинсем уçрĕç. Сĕнтĕрвăррине ятарласа атă-пушмак сутмалли, Вăрнарта кĕпе-тумтир сутмалли магазинсем, Етĕрнере тумтир, çĕлĕк-картус тата атă-пушмак сутмалли магазинсем уçнă. Ятарласа пĕр-пĕр йышши таварсем сутмалли çĕнĕ магазинсем малашне ытти районсенче те уçма палăртнă.

Колхозсен ÿссе пыракан ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерес шутпа Чăвашпотребсоюз урапа-çуна тата ут таврашĕ сутас ĕçе вăйлатса пырать. Пĕлтĕр, 1951 çулхипе танлаштарсан, урапа-çуна 17,4 процент, хăмăт-пăяв таврашĕсем 7 процент ытларах сутнă.

Обществăллă апатлану енĕпе 1952 çулта тавар çаврăнăш планне 101,3 процент тултарнă, Калининăра, Советскинче, Тăвайра çĕнĕ чайнăйсем, Пĕпресре иккĕ чайнăй ĕçлеме тытăннă. Шăхасанта, Вăрмарта, Элĕкре тата ытти çĕрте закусочнăйсем уçнă.

Халăхăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсем тăтăшах ÿссе пынă май кăçал тавар çаврăнăшне нумай вăйлатма палăртнă. Республикăри потребительсен кооперацийĕн тавар çаврăнăшĕ кăçал, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 28 миллион тенкĕлĕх ÿсмелле. Халăха кăçал çĕр мамăк пир-авăрĕ пĕлтĕрхинчен 20 процент, тумтир—20 процент, çыхса тунă япаласем—23 процент, сăран атă-пушмак—21 процент, пурçăн пир-авăр—30 процент, чăлха-носки—23 процент нумайрах сутмалла.

Çавăн пекех колхозсене куллен кирлĕ ĕç хатĕрĕсемпе япаласем те нумайрах сутмалла. Кăçалхи план тăрăх колхозсене урапасен 10 пин станне, 9 пин çуна, хăмăт-пăяв таврашĕсем 3,5 миллион тенкĕлĕх сутма палăртнă.

Колхозсенче çурт-йĕр строительстви çултан-çул сарăлса пырать. Колхозсем валли потребительсен кооперацийĕ 3 пин тонна ытла цемент, 400 пин лист ытла шифер, 1.200 тонна тимĕр, 300 тонна ытла пăта кÿрсе килет, çурт лартмалли пĕрене хăма 5 пин кубометр сутма хатĕрленет. Колхозсене михĕсем сутас ĕç те чылай лайăхланать.

Ялти халăха таварсем сутас ĕçе лайăхлатас шутпа кăçал тĕрлĕ районсенче хуçалăх таварĕсем сутмалли пĕр магазин, вицĕ сельмаг, апат-çимĕç сутмалли пĕр магазин, культура таварĕсем сутмалли пĕр магазин, 5 чайнăй, 8 пекарня уçмалла, тăвар усрамалли 8 склад тумалла. Шупашкарпа Канашра таварсем усрама пысăк базăсем тăваççĕ.

Анчах пирĕн ĕçре çитменлĕхсем те нумай-ха. Кăçалхи февралĕн 6-мĕшĕнче Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ялсенче суту-илу мĕнле пыни тата потребительсен кооперацийĕн ĕçне лайăхлатмалли мерăсем çинчен сÿтсе яврĕ. Министрсен Совечĕ потребительсен кооперацийĕ ялсенче тавар сутас ĕçе çителĕксĕр туса пынине, 1952 çулта тавар çаврăнăшĕн планне 94,2 процент çеç тултарнине палăртрĕ.

Иртнĕ çулта Елчĕк райпотребсоюзĕпе Шăмăршă райповĕ кăна плана тултарчĕç. Элĕк, Красноармейски, Улатăр, Çĕмĕрле тата Тăвай районĕнчи потребительсен кооперацийĕсем питех те начар ĕçлерĕç. Хăшпĕр магазинсемпе лавккасем халăха куллен кирлĕ таварсене вăхăтра кÿрсе килмеççĕ.

Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ туса хатĕрленĕ таварсене сутас ĕçе йĕркелеме райпотребсоюзсемпе ялпосен правленийĕсем сахал тăрăшаççĕ. Кувакино районĕнчи потребительсен кооперацийĕ кăçал хĕл каçипе те колхозсене пĕр çуна та сутман.

Чайнăйсемпе столовăйсен ĕçĕсенче те пысăк çитменлĕхсем пур.

Районсенчи кооперации работникĕсен суту-илу ĕçне тĕпренех лайăхлатма мерăсем йышăнмалла, суту-илу ĕçне оперативлă та конкретлă ертсе пымалла. Чăвашпотребсоюз правленийĕ райпотребсоюзсемпе ялпосен ĕçне контроллесе тăрас ĕçе вăйлатма, республикăна таварсем çителĕклĕ тата вăхăтра кÿрсе килессишĕн тăрăшма тивĕçлĕ.

Суту-илÿре пысăк çитменлĕхсем пуррине курса тăрсах, вырăнти хăшпĕр Советсем çак ĕç çине çиелтен пăхаççĕ. Сăмахран, Красноармейски районĕнче суту-илу ĕçĕ начар тăнине райисполкомĕ, унăн суту-илу пайĕ те пĕлнĕ. Анчах вĕсем райпотребсоюз ĕçне лайăхлатма тăрăшман. Кун пек тĕслĕхсем ытти районсенче те пур. Вырăнти Советсен, суту-илу ĕçĕпе ытларах интересленсе, ку ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерме пулăшас пулать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче государствăпа кооперации суту-илĕвĕн тавар çаврăнăшне нумай вăйлатма палăртнă. Çак директивăсенчен потребительсен кооперацийĕ умне пысăк задачăсем тухса тăраççĕ. Çав задачăсене пурнăçлассишĕн кооперации работникĕсен çине тăрса кĕрешес пулать. Вĕсен халăха куллен кирлĕ таварсене яла вăхăтра тата çителĕклĕ кÿрсе пымалла, халăхăн материальнăй ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтерме тăрăшмалла.

Кооперации работникĕсен суту-илĕве лайăхлатас енĕпе государство панă задачисене туллин пурнăçласа пымалла, тавар çаврăнăш планне пĕтĕмпех тултармалла, таварсен ассортиментне пуянлатмалла, сывăхри кунсенчех çуллахи вăхăтра суту-илу тума хатĕрленсе çитмелле.

Кăçалхи апрельте тата май уйăхĕн малтанхи çур уйăхĕнче потребительсен кооперацийĕн отчетлă пухăвĕсем пулаççĕ. Çав пухусенче пайщиксен кооперации ĕçне тĕплĕн тишкерсе тухмалла. Пухусенче критикăпа самокритика анлă сарăлни ĕçри çитменлĕхсене пĕтĕмпех палăртма, вĕсене пĕтерме кооперацин мĕнпур работникĕсене мобилизацилеме пулăштăр. Кооперации работникĕсен хушшинчи социализмла ăмăртăва вăйлатмалла.

В. ШИШКИН,
Чăвашпотребсоюзăн суту-илу управленийĕн начальникĕ.

# СССР Министрӗсен Совечӗпе КПСС Центральнӑй Комитечӗ тавар хакӗсене йӳнетмелле тунӑ пирки урӑх ҫӗршывсенчи хаҫатсем мӗн ҫыраҫҫӗ

**БОЛГАРИ**

СОФИЯ, апрелӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Болгари Халӑх Республикинчи ӗҫҫыннисем Совет Союзӗнче апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен ваккӑн сутмалли государственнӑй хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетмелле туни ҫинчен пӗлтернине пысӑк савӑнӑҫпа йышӑнса илнӗ.

Болгарире тухса тӑракан хаҫатсем ҫак постановлени пирки ятарласа умстатьясем тата ӗҫҫыннисен нумай ҫырӑвӗсене пичетлесе кӑлараҫҫӗ. Болгари халӑхӗ Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗпе Совет Правительствин мирлӗ политикин ҫӗнӗ чаплӑ ҫӗнтерӗвне саламлать.

«Работническо дело» хаҫат умстатьяра ҫапла ҫырать:

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене вӑрҫӑ хыҫҫӑн улттӑмӗш хут йӳнетни партипе Совет Правительстви ӗҫҫыннисен материальнӑй пурнӑҫӗпе культурӑллӑ шайне вӗҫӗмсӗр ӳстерессишӗн ялан тӑрӑшнине уҫҫӑн кӑтартса парать. Совет Союзӗн экономики ҫӗнӗрен тунӑ ҫак чаплӑ ҫӗнтерӳ советлӑ общество стройӗн вӑйӗпе иксӗлми хӑватне кӑтартса парать. Совет Союзӗнче таварсен хакне ҫӗнӗрен йӳнетни Совет государстви мирлӗ государство пулнине, унӑн мирлӗ политики коммунизм обществи тӑвас тата совет ҫыннисем валли пуян та культурӑллӑ пурнӑҫ туса парас ӗҫре малалла пӑхӑнса тӑнине тата тепӗр хут кӑтартса парать.

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетни, тесе ҫырать малалла хаҫат, совет стройӗн хӑватлӑ вӑйне, Совет Правительстви коммунизм тумалли ҫулпа ҫирӗппӗн пынине кӑтартса парать.

«Отечествен фронт» хаҫат ҫапла ҫырать:

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене тӑтӑш йӳнетсе пыни вӑл советлӑ социализмлӑ стройӑн никам ҫӗнтерейми хӑватлӑ вӑйне чаплӑн кӑтартса парать. Ҫак стройшӑн кризиссем хӑрушӑ мар, вӑл производство вӑйсӑрланассине пӗлмест. Совет государстви план тӑрӑх ертсе пыракан халӑх хуҫалӑхӗ вӗҫӗмсӗр вӑйланса пырать.

Тӑванла Совет Союзӗ тунӑ пысӑк ҫитӗнӳсемпе хавхаланса, тесе ҫырать хаҫат, пирӗн халӑх 1953 ҫулхи халӑх хуҫалӑх планне тултарассишӗн тата ирттерсе тултарассишӗн, производство аталанӑвне вӗҫӗмсӗр ӳстерсе пырассишӗн хӑйӗн мӗнпур вӑйӗсене хурса кӗрешет. Ҫакӑ вӑл пирӗн халӑха Совет Союзӗн ҫулӗпе тата хӑвӑртрах малалла пыма май парать.

**ВЕНГРИ**

БУДАПЕШТ, апрелӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Венгри хаҫачӗсем ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗпе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ Совет Союзӗнче тавар хакӗсене йӳнетни ҫинчен нумай ҫыраҫҫӗ.

«Непсава» тата «Сабад ифьюшаг» хаҫатсем ҫак ыйту тӑрӑх умстатьясем ҫырса кӑларнӑ.

«Непсава» хаҫат умстатьяра ҫапла ҫырать: ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗпе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ йышӑннӑ постановленин пӗлтерӗшӗ пӗтӗм тӗнчешӗн пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать.

Тавар хакӗсене йӳнетни вӑл совет халӑхӗ миршӗн ҫирӗп тӑнине тата тепӗр хут кӑтартса парать.

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене йӳнетни ҫинчен пӗлтерсе, «Сабад ифьюшаг» хаҫат: ҫакӑн пек мерӑсем пур ӗҫре те этемшӗн тӑрӑшакан, пурне те этем ырлӑхӗшӗн тӑвакан общество кӑна йышӑнма пултарать, тесе ҫырать.

Кашни ҫын ҫакна ӑнланать, тесе ҫырать «Сабад неп» хаҫат, хӑйӗн халӑхӗн пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн ҫавӑн пек пысӑк вӑй хуракан ҫӗршыв вӑл—мир ҫӗршывӗ пулса тӑрать. Совет халӑхӗ мирлӗ ӗҫпе пурӑнать, вӑл коммунизм тӑвать, хӑйӗн Тӑван ҫӗршывӗн хӑватне ӳстерет, мир ӗҫне хӳтӗлет. Фактсем ҫакӑн ҫинчен калаҫҫӗ: Совет Союзӗн интересӗсене пӗтӗм тӗнчери мир ӗҫӗнчен уйӑрма ҫук.

**РУМЫНИ**

БУХАРЕСТ, апрелӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Румыни телеграф агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, паян тухнӑ хаҫатсем Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетнине Румыни Халӑх Республикинчи ӗҫҫыннисем пысӑк савӑнӑҫпа кӗтсе илни ҫинчен ҫыраҫҫӗ. ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗпе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен ваккӑн сутмалли государственнӑй хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетесси ҫинчен йышӑннӑ решени вӑл халӑхӑн ырӑ пурнӑҫӗшӗн ывӑнма пӗлмесӗр тӑрӑшнине питӗ лайӑх кӑтартса парать.

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫакӑн пек йӳнетесси совет халӑхӗ промышленноҫпа ялхуҫалӑх продукцийӗ туса кӑларассине ӳстернипе, совет ҫыннисем ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерессишӗн, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн, перекетлӗхшӗн кӗрешнипе, таварсен пахалӑхне лайӑхлатассишӗн тата вӗсен ассортиментне нумайлатассишӗн кӗрешнипе пулма пултарнӑ.

Румыни Халӑх Республики, ытти халӑх демократи ҫӗршывӗсем пекех, тесе ҫырать «Скынтейя» хаҫат, Совет Союзӗн опычӗ ҫутатса панӑ ҫулпа, ӗҫҫыннисене ырӑ пурнӑҫпа телей кӳрекен ҫулпа малалла пырать.

Румыни Халӑх Республикинчи ӗҫҫыннисем, тесе ҫырать «Романиа либера» хаҫат, социализм тӑвакан ытти ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисем пекех, совет ҫыннисем тунӑ чаплӑ ҫӗнтерӳсем ҫинчен пӗлтернине хӑйсен ҫӗнтерӗвӗсем вырӑнне хурса савӑнӑҫлӑн йышӑнаҫҫӗ.

**АЛБАНИ**

ТИРАНА, апрелӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Тиранӑри радио паян Совет Союзӗнче апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен ваккӑн сутмалли государственнӑй хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетмелле туни ҫинчен пӗлтернӗ. Совет Союзӗнче таварсен ваккӑн сутмалли хакӗсене йӳнетни, тенӗ Тиранӑри радио пӗлтерӗвӗнче, социализмла экономика капитализмла экономикӑран малта тӑнине тата тепӗр хут яр-уҫҫӑн кӑтартса парать.

Тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетмелле туни вӑл Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви сталинлӑ мирлӗ политика тытса пынине уҫҫӑн кӑтартса парать. Тӗнчери халӑхсем, вӑл шутра Албани халӑхӗ те, совет халӑхӗ тунӑ ҫак чаплӑ ҫитӗнӗве пысӑк савӑнӑҫпа кӗтсе илчӗҫ.

**ДЕМОКРАТИЛЛӖ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИ**

БЕРЛИН, апрелӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗпе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетесси ҫинчен йышӑннӑ постановлени Демократиллӗ Германи Республикинчи ӗҫҫыннисене савӑнтарать.

Берлинри демократиллӗ хаҫатсем, ҫак постановлени ҫинчен ҫырса, тавар хакӗсене йӳнетни Совет правительстви совет халӑхӗн пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн куллен тӑрӑшнине тепӗр хут кӑтартса парать тесе палӑртаҫҫӗ.

«Нейес Дейчланд» хаҫат «Совет Союзӗ мӗншӗн тавар хакӗсене йӳнетме пултарать», текен статьяра ҫапла ҫырать: Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем, хӑйсен ҫӗршывӗн хуҫисем пулса тӑрса, тавар хакӗсене тӑтӑш йӳнетсе пыма кирлӗ никӗс тӑваҫҫӗ. Вӗсем продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетеҫҫӗ, тирпейлӗх режимне ҫирӗп тытса пыраҫҫӗ, продукци кӑларассине, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстереҫҫӗ.

1947 ҫултанпа тавар хакӗсене улттӑмӗш хут йӳнетни ҫинчен ҫырса, «Нейес Дейчланд» хаҫат ҫапла паллӑ тӑвать: ку вӑл Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ӗҫҫыннисен пурнӑҫ шайне малалла ӳстерессишӗн тӑрӑшнине, ҫавӑн пекех тата Совет Союзӗн экономикӑлла политики мир ӗҫне пӑхӑнса тӑнине тепӗр хут кӑтартса парать.

Капитализмла ҫӗршывсенче, уйрӑммӑн илсен, Хӗвеланӑҫ Германире таварсен хакне ӳстернипе тата ӗҫ укҫине чакарнипе ӗҫҫыннисен пурнӑҫӗ пӗрмай начарланса пыни ҫинчен аса илтерсе, хаҫат юлашкинчен ҫапла ҫырать:

Демократиллӗ Германи Республикинчи социализм никӗсне хывакан ӗҫҫыннисем хӑйсем мӗнле ҫулпа каймаллине суйласа илчӗҫ ӗнтӗ: вӗсем Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисем кӑтартса панӑ ҫӗкленӳ ҫулӗпе малалла пыраҫҫӗ.

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫӗнӗрен чылай йӳнетмелле туни,—тесе ҫырать «Нейе цейт» хаҫат, Совет Союзӗн шалти вӑйне ҫирӗп кӑтартса парать. Совет Союзӗ мир политики тытса пырать, пурнӑҫ шайне ӳстерсе пырать, ҫав вӑхӑтрах капитализм тӗнчи вӑрҫа хатӗрленет.

**МОНГОЛИ ХАЛӐХ РЕСПУБЛИКИ**

УЛАН-БАТОР, апрелӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетни ҫинчен пӗлтернине Монголи халӑхӗ пысӑк савӑнӑҫпа кӗтсе илнӗ. СССР Министрӗсен Совечӗпе КПСС Центральнӑй Комитечӗ йышӑннӑ постановление столицӑри хаҫатсенче пичетлесе кӑларнӑ тата Улан-Баторти радио тӑрӑх вуласа панӑ. Совет Союзӗнче таварсен хакне йӳнетнӗ ятпа хаҫатсем умстатьясем пичетлесе кӑларнӑ, аратсен, рабочисен, интеллигентсен ҫырӑвӗсене пичетлеҫҫӗ.

«Унэн» хаҫат умстатьяра ҫапла ҫырать:

Тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетни Совет Союзӗнчи рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫ укҫи тӑтӑш ӳссе пыни ҫинчен, аслӑ Совет ҫӗршывӗнчи мӗнпур халӑхсен пурнӑҫӗ лайӑхланса пыни ҫинчен калать. Вӑл Совет государстви промышленноҫпа ялхуҫалӑхне малалла аталантарас енӗпе тунӑ аслӑ ҫитӗнӳсем ҫинчен, ӗҫ тухӑҫлӑхӗ ӳсни тата продукцин хӑйне ларакан хакӗ чакни ҫинчен калать. Совет Союзӗнче халӑха куллен кирлӗ таварсен хакӗсене йӳнетни пӗтӗм тӗнчери халӑхсене ӗҫҫыннисен интересӗсемпе социализмла государство интересӗсем пӗрлӗхлӗ пулнине кӑтартса парать.

**АНГЛИ**

ЛОНДОН, апрелӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаҫат Совет Союзӗнче таварсен ваккӑн сутмалли хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетни ҫинчен хӑйӗн Мускаври корреспонденчӗ Ральф Паркер пӗлтернине пӗрремӗш страницӑра пичетлесе кӑларнӑ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑн тавар хакӗсене 6 хутчен йӳнетнине палӑртса, Паркер совет халӑхӗн пурнӑҫӗ пӗрмай лайӑхланса пынине ӗненмелле фактсемпе кӑтартса парать.

«Таймс», «Ньюс кроникл», «Дейли телеграф энд Морнинг пост», «Дейли геральд», «Манчестер гардиан», «Уэстерн мейл энд Саут Уэльс ньюс» хаҫатсем тавар хакӗсене йӳнетни ҫинчен кӗске пӗлтерӳсем кӑна пичетлесе кӑларнӑ.

**США**

НЬЮ-ЙОРК, апрелӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). «Нью-Йорк таймс» хаҫат пӗрремӗш страницӑра Совет Союзӗнче куллен кирлӗ таварсен хакне ҫӗнӗрен йӳнетни ҫинчен хӑйӗн Мускаври корреспонденчӗ Солсбери пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ. Статьяра: «ҫакӑ вӑл Совет правительстви вӑрҫӑ хыҫҫӑн таварсен ваккӑн сутмалли хакӗсене улттӑмӗш хут йӳнетни пулать», тенӗ.

**ФРАНЦИ**

ПАРИЖ, апрелӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Парижра тухакан хаҫатсем Совет Союзӗнче таварсен хакне йӳнетни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. «Юманите» хаҫат хӑйӗн Мускаври корреспонденчӗ пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ. Унта ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗпе КПСС Центральнӑй Комитечӗ тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетесси ҫинчен кӑларнӑ постановленири тӗп ыйтусене ҫутатса панӑ.

Халӑх пурнӑҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе куллен кирлӗ таварсен хакне тӑтӑш йӳнетсе пырасси, — тесе ҫырать «Юманите» хаҫат, — Коммунистсен партийӗпе Совет правительствин политикинче тӗп вырӑн йышӑнса тӑрать.

Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсенче, Францире тата ытти капитализмла ҫӗршывсенче тавар хакӗсене вӗҫӗмсӗр ӳстерсе пынипе танлаштарсан, Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетни пӗтӗм тӗнчере пысӑк пӗлтерӗшлӗ ӗҫ пулса тӑрать.

Фактсене тата икӗ политикӑна пӗр-пӗрипе танлаштарса пӑхсан, тӳрӗ шухӑшлӑ кашни ҫын социализмла строй капитализмла стройран малта тӑнине, мирлӗ политика малта тӑнине, Совет Союзӗнче экономика хӑвӑрттӑн ӳссе пынине тата совет халӑхӗн пурнӑҫӗ лайӑхланнине курма пултарать.

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене йӳнетни ҫинчен пӗлтерсе, буржуалла хаҫатсем Совет Союзӗнче апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен хакӗ нумай чакнине палӑртаҫҫӗ.

ПАРИЖ, апрелӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Каҫхине тухнӑ чылай хаҫатсем Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетни ҫинчен ҫыраҫҫӗ. Католиксен хаҫачӗ «Круа» ҫак пӗлтерӗве «Совет Союзӗнче таварсен ваккӑн сутмалли хакӗсене пӗтӗмӗшлӗн йӳнетни» ятлӑ заголовокпа пичетлесе кӑларнӑ. Хаҫат ҫапла ҫырать: ҫакӑ вӑл куллен кирлӗ таварсен хакне Совет Союзӗнче 1947 ҫулхи укҫа-тенкӗ реформи хыҫҫӑн улттӑмӗш хут йӳнетни пулать.

«Пари пресс-Энтрансижан» хаҫат, Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетни ҫинчен пӗлтерсе, ҫапла калать: «Яланхи пекех ҫуркунне тавар хакӗсене ҫакӑн пек йӳнетни вӑл куллен кирлӗ таварсен хакне йӳнетме тата промышленность таварӗсем ытларах сутма тӑрӑшнине кӑтартса парать».

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене йӳнетни ҫинчен пӗлтерсе, ӗнер буржуалла хаҫатсем Совет Союзӗнче апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен хакне чылай йӳнетни ҫинчен ҫырнӑ. Францири сылтӑм социалистсен хаҫачӗ «Популер де Пари» кӑна тавар хакӗсене йӳнетни ҫинчен нимӗн те ҫырмасть.

Буржуалла хаҫатсем Совет Союзӗнче тавар хакӗсене йӳнетни ҫинчен тӗплӗн ҫырса пӗлтереҫҫӗ, вӗсем Министрсен Совечӗпе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ йышӑннӑ постановленири конкретлӑ цифрӑсене илсе кӑтартаҫҫӗ.

**ФИНЛЯНДИ**

ХЕЛЬСИНКИ, апрелӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗпе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен ваккӑн сутмалли государственнӑй хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетесси ҫинчен йышӑннӑ постановление Финляндири демократиллӗ общественноҫпа ӗҫҫынни массисем ӑшӑ кӑмӑлпа йышӑнса илнӗ. Демократиллӗ хаҫатсем ҫак постановлени пирки ятарласа статьясем пичетлесе кӑларнӑ. Вӗсем: Совет Союзӗнче тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетни Совет государствин вӑйӗпе хӑватне кӑтартса парать, партипе правительство ҫӗршыври ӗҫҫыннисен пурнӑҫӗшӗн тӑрӑшнине кӑтартса парать, тесе ҫыраҫҫӗ.

«Тюэкансан саномат» хаҫат Совет Союзӗнче тавар хакӗсене йӳнетни обществӑллӑ производство вӗҫӗмсӗр ӳссе пынине кӑтартать тесе ҫырать.

Совет Союзӗнче тавар хакӗсене йӳнетнӗ вӑхӑтра, тесе ҫырать хаҫат, капитализм тӗнчине кризис хавшатать, унта обществӑллӑ производство чакса, ӗҫсӗрлӗх ӳссе пырать, халӑхӑн тавар илес пултарулӑх чакать, тавар хакӗсем ӳсеҫҫӗ. Ҫакӑн пек условисенче, тесе ҫырать «Тюэкансан саномат» хаҫат, хуҫалӑхӑн социализмлӑ системи капитализмла системӑран малта тӑни уҫҫӑнрах та уҫҫӑнрах курӑнать.

**ШВЕЦИ**

СТОКГОЛЬМ, апрелӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Ирхине тухнӑ хаҫатсем пурте Совет Союзӗнче апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен хакӗсене улттӑмӗш хут йӳнетни ҫинчен пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ. «Стокгольмс-тиднинген» хаҫат заголовокра Совет Союзӗнче таварсен хакӗ нумай чакнине палӑртать.

# Корейӑри ӗҫсем

**ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ**

ПХЕНЬЯН, апрелӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: Халӑх ҫарӗн соединенийӗсемпе Китай халӑх добровольцӗсен чаҫӗсем Америкӑпа Англи интервенчӗсене тата Ли Сын Ман ҫарӗсене хирӗҫ ҫапӑҫнӑ.

Тӑшман самолечӗсене хирӗҫ кӗрешекен салтаксем паян тӑшманӑн 2 самолетне персе ӳкернӗ.

# Швецири Коммунистсен партийӗн XVI-мӗш съезчӗ

СТОКГОЛЬМ, апрелӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Стокгольмра Швецири Коммунистсен партийӗн XVI-мӗш съезчӗ уҫӑлнӑ. Съезда 330 ытла делегат пухӑннӑ. Хӑнасем хушшинче—Польшӑри, Болгарири, Демократиллӗ Германи Республикинчи, Францири, Англири, Финляндири, Данири, Норвегири тӑванла коммунистсен партийӗсемпе рабочисен партийӗсен представителӗсем.

Швецири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ хушнипе съезда уҫса, «Ню даг» хаҫатӑн главнӑй редакторӗ Густав Юханссон Иосиф Виссарионович Сталинӑн ҫутӑ ятне асӑнса сӑмах каланӑ. Юханссон сӑмахне делегатсем ура ҫине тӑрса итленӗ. Съезд И. В. Сталинпа Клемент Готвальд ячӗсене пӗр минутлӑха шӑп пулса хисепленӗ.

Съезд ҫакӑн пек кун йӗрки ҫирӗплетнӗ.

1. Центральнӑй Комитет отчечӗ—«Политикӑллӑ лару-тӑру тата парти задачисем»;
2. Партин организациллӗ задачисем;
3. Парти хаҫачӗсем ҫинчен.
4. Партин ҫӗнӗ программи—«Швецин социализм патне пымалли ҫулӗ»;
5. Партин ертсе пыракан органӗсен суйлавӗ.

Делегатсем съездӑн ертсе пыракан органӗсене пӗр шухӑшлӑ пулса суйлаҫҫӗ.

Председатель пулса ертсе пыракан Фритьоф Лагер Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетӗнчен съезд ячӗпе саламлӑ телеграмма килни ҫинчен пӗлтерет. Ҫак пӗлтерӗве съезд делегачӗсем хӗрӳллӗн алӑ ҫупса йышӑнаҫҫӗ.

Телеграммӑра ҫапла каланӑ:

**«Швецири Коммунистсен партийӗн XVI-мӗш съездне**

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ Швецири Коммунистсен партийӗн XVI-мӗш съезчӗн делегачӗсене хӗрӳллӗн саламлать.

Швецири Коммунистсен партине мир ӗҫӗпе наци никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн, демократипе социализмшӑн кӗрешме ӗҫҫыннисене тата ҫӗршыври мӗнпур прогрессивлӑ вӑйсене пӗтӗҫтерес тӗлӗшпе ҫитӗнӳсем тума ырӑ сунатпӑр.

**Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ».**

Съезд делегачӗсем пысӑк хавхаланупа Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне ответлӑ телеграмма яма йышӑнаҫҫӗ.

Ҫакӑн хыҫҫӑн съезд кун йӗркинче тӑракан пӗрремӗш ыйтӑва сӳтсе явма тытӑнать. Центральнӑй Комитетӑн ӗҫӗсем ҫинчен Швецири Коммунистсен партийӗн председателӗ Хильдинг Хагберг доклад туса панӑ.

## Венгрие ирӗке кӑларассишӗн ҫапӑҫса вилнӗ совет воинӗсен памятникӗ умне чечек кӑшӑлӗсем хунӑ

БУДАПЕШТ, апрелӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Паян—Совет Ҫарӗ Венгрие ирӗке кӑларнӑ кун—Венгрие ирӗке кӑларнӑ совет воинӗсем ячӗпе Геллерт сӑрчӗ ҫинче лартнӑ Ирӗклӗх статуйи умне чечек кӑшӑлӗсем хунӑ. Чи малтан Венгри Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗпе Венгрири ӗҫҫыннисен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ячӗпе Министрсен Совечӗпе Венгрири ӗҫҫыннисен партийӗн генеральнӑй секретарӗ Матиас Ракоши чечек кӑшӑлӗ хунӑ. Ун хыҫҫӑн Венгри Халӑх Республикин Президиумӗ ячӗпе Президиум председателӗ Иштван Доби чечек кӑшӑлӗ хунӑ. Совет посольстви ячӗпе Совет Союзӗн Венгрири посолӗ Е. Д. Киселев чечек кӑшӑлӗ хунӑ.

Унтан Венгрие ирӗке кӑларнӑ ятпа ирттерекен уява хутшӑнма килнӗ чылай правительствӑсен делегацийӗсем чечек кӑшӑлӗсем хунӑ.

Венгрие ирӗке кӑларассишӗн ҫапӑҫса вилнӗ совет воинӗсен ячӗпе лартнӑ ытти памятниксем умне те чечек кӑшӑлӗсем хунӑ.

# ООН Генеральнӑй Ассамблейин VII-мӗш сессийӗ

## Апрелӗн 1-мӗшӗнче пулнӑ пӗрлехи лару

НЬЮ-ЙОРК, апрелӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Генеральнӑй Ассамблейӑн апрелӗн 1-мӗшӗнче пулнӑ пӗрлехи ларӑвӗсенче «ООН персоналӗ тӗлӗшпе генеральнӑй секретарь тытакан принципсем ҫинчен» тунӑ доклада тата ҫак ыйту тӑрӑх тӑратнӑ резолюцисен проекчӗсене сӳтсе явса пӗтернӗ.

Ларура тухса каланӑ Ирак, Чили, Англи тата ытти хӑшпӗр ҫӗршывсен делегачӗсем Трюгве Ли докладне критикленӗ.

Ирак представителӗ генеральнӑй секретарь Трюгве Ли киревсӗр ӗҫсем туни ҫинчен каланӑ. Унӑн ӗҫӗсем ООН Уставӗн положенийӗсене хирӗҫ пыраҫҫӗ. Ирак делегачӗ, уйрӑммӑн илсен, Трюгве Ли США охранкине ООН секретариачӗн сотрудникӗсен ӗҫӗсене ООН ҫуртӗнче йӗрлесе тухма тата пӳрне паллисене пустарса илме ирӗк панипе чӑнниппех ирсӗр те тарӑхмалла ӗҫ тунине палӑртнӑ.

Трюгве Ли ООН персоналӗ тӗлӗшпе тытса пынӑ политика, тенӗ Чили делегачӗ, ҫак персонала хӑратса ӳкерессипе патне илсе ҫитернӗ. Вӑл ҫавӑн пекех Трюгве Лине ООН секретариатӗнче ӗҫлеме илнӗ чухне США ҫыннисене кӑна ӗҫе илме тӑрӑшнӑшӑн критикленӗ.

Англи делегачӗ пӗтӗмӗшпе илсен Трюгве Ли докладне ырланӑ, анчах вӑл уйрӑм асӑрхаттарусем тунӑ. Уйрӑммӑн илсен, вӑл ҫак докладра ООН-ри «шпионла» тата «сӑтӑрла ӗҫсем» ҫинчен каланӑ пирки тӗлӗннӗ. Вӑл ООН материалӗсем вӑрттӑн документсем пулса тӑмаҫҫӗ, вӗсене пурте илсе вулама пултараҫҫӗ, тенӗ. Англи делегачӗ, ыттисем пекех, Трюгве Ли ООН штаб-хваттерӗн никама тӗкӗнменлӗх правине пӑснипе килӗшмен.

Юлашкинчен Трюгве Ли сӑмах тухса каланӑ. Вӑл пур майсемпе те хӑйне тӳрре кӑларма пӑхнӑ. Анчах унӑн сӑмахне никам та ӗненмен.

Сасӑлас умӗн СССР представителӗ В. А. Зорин тухса каланӑ. Вӑл: Совет делегацийӗ Афганистан, Бирма, Египет, Инди, Индонези, Ирак, Иран, Иемен, Ливан, Пакистан, Саудовски Арави тата Сири делегацийӗсем тӑратнӑ резолюци проекчӗшӗн сасӑлать, тенӗ. Ҫакӑнпа пӗрлех вӑл Совет делегацийӗ резолюци проекчӗн уйрӑм пункчӗсемпе килӗшменнине палӑртнӑ.

СССР представителӗ ҫав вӑхӑтрах тата Совет делегацийӗ Пӗрлешӳллӗ Штатсем, Англи, Франци тата ытти ҫӗршывсем тӑратнӑ резолюцие хирӗҫ сасӑлать, тенӗ, мӗншӗн тесен ку резолюцире йышӑнма юрӑхсӑр пунктсем пур.

Араб ҫӗршывӗсемпе Ази ҫӗршывӗсем тӑратнӑ резолюци проекчӗшӗн 21 сасӑ панӑ (СССР, Польша, БССР, УССР, Чехословаки, Инди, Индонези тата ытти араб ҫӗршывӗсемпе Ази ҫӗршывӗсем, Мексика, Чили тата ыттисем). 8 ҫӗршыв делегацийӗсем нихӑш майлӑ та сасӑламан. Ҫак резолюци проектне йышӑнман, мӗншӗн тесен ӑна хирӗҫ 29 ҫӗршыв представителӗсем, вӑл шутра США, Англи, Франци представителӗсем сасӑланӑ. Ассамблейӑн ытларахӑшӗ США, Англи, Франци тата ытти хӑшпӗр ҫӗршывсен делегацийӗсем тӑратнӑ резолюци проекчӗшӗн сасӑланӑ. Ҫав проекта хирӗҫ 13 ҫӗршыв представителӗсем, вӑл шутра СССР, Польша, БССР, УССР, Чехословаки, Инди, Индонезии, Сири представителӗсем сасӑланӑ. 4 ҫӗршыв делегацийӗ нихӑш майлӑ та сасӑламан.

# Франци халӑхӗ Ив Фарж ятне асӑнать

ПАРИЖ, апрелӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Парижри Бурже аэродромӗнче Францири Мир Совечӗн председателӗн Ив Фаржӑн ӳтне хунӑ тупӑка Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн председателӗ Фредерик Жолио Кюри, Францири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн членӗсем Этьен Фажон, Франсуа Бийу тата Раймон Гюйо, Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ хӗрарӑмсен федерацийӗн председателӗ Эжени Коттон, Пӗтӗм Францири ӗҫлев конфедерацийӗн секретарӗ Жюль Дюша, прогрессивлӑ обществӑллӑ организацисен представителӗсем, Наци пухӑвӗн депутачӗсем, наукӑпа литература тата искусство деятелӗсем, Париж хулинчи ӗҫҫыннисем кӗтсе илнӗ.

Ив Фарж ӳчӗ выртакан тупӑка Парижри Наука обществисен залне вырнаҫтарса лартнӑ.

Хисеплӗ хурала паллӑ деятельсем, вӑл шутра Наци пухӑвӗн депутачӗ, прогрессивлӑ республиканецсен союзӗн членӗ Жильбер де Шамбрэн, Францири Мир Совечӗн бюровӗн членӗ Эммануэль д'Астье де Ла Вижери тата Арман Миттеран тӑнӑ.

Тупӑк ҫине чечек кӑшӑлӗсем нумай хунӑ.

«Юманите» хаҫатра Францири Мир Совечӗ пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ, унта Парижри полици префекчӗ Бэйло ӗҫҫыннисен Ив Фарж вилнӗ пирки хурлanса ушкӑнпа урамсем тӑрӑх ҫӳреме чарни ҫинчен каланӑ.

Ив Фаржа апрелӗн 4-мӗшӗнче Парижри Пер-Лашез масарӗ ҫинче пытараҫҫӗ.

# ЗАХАРОВ—РОССИЯ ФЕДЕРАЦИЙӖН ЧЕМПИОНӖ

Нумаях та пулмасть Орел хулинче вӑйлӑ ҫынсен (штанга тата кире пуканӗ йӑтакансен) Россия Федерацийӗнче мала тухмалли финалти ӑмӑртӑвӗ пулнӑ.

Ҫак ӑмӑртура Канаш райисполкомӗн ялхуҫалӑх пайӗн главнӑй ветеринари врачӗ В. Захаров юлташ пысӑк ӳсӗм тунӑ. Штанга ҫӗклемелли ӑмӑртӑва хутшӑнса, вӑл майӗпе 95 килограмм, тӗртсе ярса — 127,5 килограмм ҫӗкленӗ. Ҫапла вара вӑл Россия Федерацийӗнчи ялсенчи спортсменсем енӗпе ҫӗнӗ рекорд тунӑ.

Захаров спортсмен икӗ пӑт таякан кире пуканӗ ҫӗклес енӗпе уйрӑмах пысӑк ӳсӗм тунӑ — икӗ аллине икӗ кире пуканӗ тытса 23 хут ҫӗкленӗ, пӗр кире пуканне 28 хут ҫӗкленӗ, 319,5 очко пухса, пӗрремӗш вырӑн йышӑннӑ тата абсолютнӑй чемпион ятне илнӗ.

# „Активлӑ ӗҫленӗшӗн“ значок панӑ

Досаафӑн СССР оргкомитечӗ «Активлӑ ӗҫленӗшӗн» ятлӑ значок тунӑ. Ку значок Досаафӑн чи пысӑк награди пулса тӑрать.

Ҫак кунсенче Досаафӑн республикӑри оргкомитечӗн председателӗ П. Трофимов юлташ, Досаафӑн Пӗтӗм Союзри оргкомитечӗн решенийӗ тӑрӑх, пуҫламӑш организацисен председателӗсене тата Шупашкарти активлӑ общественниксене «Активлӑ ӗҫленӗшӗн» ятлӑ значоксем пачӗ.

Досаафӑн чи пысӑк наградине Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденлӗ заводри пуҫламӑш организаци секретарӗ А. Ильин юлташ илме тивӗҫлӗ пулчӗ. А. Ильин юлташ Досаафӑн заводри организацине ҫирӗплетес тата Досааф членӗсен йышне ӳстерес тӗлӗшпе пысӑк ӗҫсем туса ирттерет.

Заводра кашни цехра кружоксем ӗҫлеҫҫӗ, вӗсенче Досааф членӗсем йышлӑн вӗренеҫҫӗ. Кашни досаафовец член укҫи тӳлесе татнӑ. Член укҫинчен уйӑрса паракан укҫапа вӗренӳре кирлӗ инвентарь туяннӑ. Досаафӑн заводри комитечӗ хӑйӗн ӗҫне ҫирӗп план тӑрӑх туса пырать. Завод дирекцийӗ Досааф членӗсем валли пысӑк та ҫутӑ пӳлӗм уйӑрнӑ.

Заводри кружоксем мотоциклистсем, шоферсем тата ытти специалистсем нумай хатӗрленӗ. Темиҫе ҫӗр ҫын ПВХО значокӗн нормисене панӑ.

«Активлӑ ӗҫленӗшӗн» значока А. Савельев юлташ илнӗ. А. Савельев—Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑ участникӗ. Ӑна виҫӗ орденпа наградӑланӑ. Савельев коопераци техникумӗнчи Досааф организацийӗн комитечӗн членӗ пулса тӑрать, организацие ҫирӗплетес тӗлӗшпе хастарлӑ ӗҫлет. Техникумри преподавательсемпе вӗренекенсем пурте тенӗ пекех Досааф членне кӗнӗ.

Комитет план тӑрӑх ӗҫлет. «Вестник Досаафа» ятлӑ стена хаҫачӗ кӑларса тӑраҫҫӗ. Досааф членӗсем тӗрлӗ кружоксенче тата курссенче вӗренеҫҫӗ. Досаафӑн нумай членӗсем стрелок, автоматчик, сигнальщик, радист, телефонист тата ытти специальноҫсене те вӗреннӗ.

Энергетика техникумӗнчи Досааф организацийӗн председательне И. Афанасьев юлташа, хулари инструктор-общественниксене В. Михайлов, В. Яковлев, Р. Дорофеев юлташсене те «Активлӑ ӗҫленӗшӗн» значок парса наградӑланӑ.

М. КОРСКОВ.
А. МАТВЕЕВ.

# Лекци-концерт

Вырӑссен паллӑ композиторӗ С. В. Рахманинов ҫуралнӑранпа апрелӗн 1-мӗшӗнче 80 ҫул тултарчӗ. Ҫакна паллӑ туса, Шупашкарти музыка училищинче вӗренекенсемпе преподавательсем вечер ирттерчӗҫ.

Училищӗре вӗрентекен Л. Равинова С. В. Рахманиновӑн пурнӑҫӗпе ӗҫӗсем ҫинчен доклад туса пачӗ. Ун хыҫҫӑн С. В. Рахманинов ҫырнӑ произведенисемпе романссенчен йӗркеленӗ концерт пулчӗ.

Кун пек лекци-концертсем училищӗре час-часах пулаҫҫӗ. Вӗсем вӗренекенсен музыкӑллӑ пултарулӑхне ӳстерме, вырӑссен паллӑ композиторӗсен пурнӑҫӗпе, ӗҫӗсемпе тарӑнрах паллашма пулӑшаҫҫӗ.

Н. ГРИГОРЬЕВ.

# Атӑл ҫинче

Ӗнер ирхине, 8 сехет тӗлне Шупашкар тӗлӗнче Атӑл шывӗ пурӗ 41 сантиметр, пӗр талӑк хушшинче 25 сантиметр хушӑннӑ. Пӑр талкӑшӗпех кӑвакарнӑ.

Щербаково хули тӗлӗнче, пӑр кайса пӗтнӗ вырӑнта, пассажирсем лартса ҫӳрекен суднӑсем ҫӳреме пуҫланӑ.

Горький хули тӗлӗнче шыв хушӑнса пырать.

Астрахане Бакуран нефть тиенӗ суднӑсен караванӗ пынӑ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ — апрелӗн 5-мӗшӗнче кӑнтӑрла тата каҫхине вырӑсла спектакль «Дама невидимка», апрелӗн 6-мӗшӗнче чӑвашла спектакль «Виҫӗ туй». Кӑнтӑрлахи спектакль 12 сехетре, каҫхи спектакль 20 сехетре пуҫланать.

## КИНО

«УДАРНИК»—апрелӗн 5-мӗшӗнче кӑнтӑрлахи сеанссенче «Небесный тихоход», каҫхи сеанссенче — «Путешествие будет опасным».

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, ялхуҫалӑх пайӗ—3-37, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.